ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 14 юнкун
№ 9 (8918)
35-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Выранти Советсен суйлавĕ ячĕпе социализмлă ăмăртăва вăйлатар!

Совет халăхĕ, социализмлă экономикăпа культурăна куллен вăйлатса пырать, коммунизмлă общество тăвассишĕн кĕрешет. Çак кĕрешӳре пирĕн халăха Коммунистсен партийĕ, аслă çулпуçăмăрпа учителĕмĕр Сталин юлташ хавхалантарса тата организацилесе пыраççĕ. Аслă Сталин «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ ĕçре панă кăтартусене никĕсе хурса, партин XIX-мĕш съезчĕ коммунизм строительствин пысăк та чаплă программине палăртрĕ, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе директивăсем пачĕ. Съезд решенийĕсенчен тата Сталин юлташăн чаплă произведенийĕнчен совет халăхĕ çĕнĕ вăй-хăват илсе тăрать.

Совет çыннисем паттăррăн ĕçлесе сталинла пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн иккĕмĕш çулĕнче хуçалăхпа культура строительствин планне иртерсе тултарчĕç. Çак çитĕнӳве совет çыннисем социализмлă ăмăртăва анлă сарнипе тума пултарчĕç. Сталин юлташ «Пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн итогĕсем» çинчен тунă докладра çĕнтерӳсем тума пулăшакан тĕп вăйсенчен пĕри—социализмлă ăмăрту пулать, тесе кăтартса пачĕ.

«Çакăн пек вăй,—тенĕ Сталин юлташ,—пуринчен малтан рабочисемпе колхозниксен миллионлă массисен активлăхĕпе хастарлăхĕ, хаваслăхĕпе пуçарулăхĕ, инженерла-техникла работниксемпе пĕрле вĕсем социализмлă ăмăртăва тата ударничествăна сарас тĕлĕшпе калама çук пысăк вăй хурса ĕçлени пулать».

Халĕ, выранти Советсен суйлавне—пĕтĕм халăх уявне хатĕрленнĕ кунсенче, совет çыннисен патриотла пуçарулăхĕ тата ĕçри хастарлăхĕ ытларах та ытларах ӳсет, çĕнĕ пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнчи заданисене срокчен тата иртерсе тултарассишĕн ăмăрту вăйланса пырать. Совет патриочĕсем социализмлă ăмăрту коммунизм строительствин меслечĕ, хăйсен творчествăллă ĕçĕ, сывăх та тăван ĕçĕ пулнине пĕтĕмпех ăнланса илсе, промышленность предприятийĕсенче те, ялхуçалăхĕнче те, культура фронтĕнче те пĕтĕм вăя тата пĕлĕве парса ĕçлеççĕ, çĕнĕ те çĕнĕ çитĕнӳсем тума тăрăшаççĕ.

Пирĕн республикăри промышленность предприятийĕсенчен нумайăшĕ, кăçалхи малтанхи кунсенчех графиксене ăпĕр тикĕс пурнăçласа пыма тытăнчĕç. Рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем производство планĕсене срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн тимлĕ ĕçлеççĕ, новаторсемпе малта пыракансен опычĕпе усă курса ĕçлесси саралса пырать. Шупашкарти, Канашри, Улатăрти, Çĕмĕрлери чылай предприятисен коллективĕсем выранти Советсен суйлавне çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илме сăмах парса çĕнĕ обязательствăсем йышăнаççĕ.

Тăван çĕршыв умĕнчи пысăк тивĕçе пурнăçласа, Шупашкар районĕнчи колхозниксем январĕн 7-мĕшĕ тĕлне сезонра йывăç касса хатĕрлемелли, çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли заданисене ирттерсе тултарчĕç. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Сĕнтĕрпуç» колхоз каснă йывăçа çул хĕррине кăлармалли плана тултарчĕ. Выранти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май, нумай ялхуçалăх артелĕсен членĕсем кĕркуннепе хĕллехи сезонра вăрман хатĕрлемелли плана суйлав кунĕ тĕлне тултарма обязательство илчĕç. Вăрманта халĕ пиншер колхозниксем тата механизаторсем социализмлă ăмăртса ĕçлеççĕ. Вĕсем халăх хуçалăхĕ валли, коммунизмăн аслă стройкисем валли йывăç хатĕрлеççĕ.

Республикăри малта пыракан механизаторсем МТС-сен мĕнпур бригадирĕсене, трактористчĕсене, комбайнерĕсене тата ытти мĕнпур работникĕсене Сталинла пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн, колхозсен обществăллă хуçалăхне пур майсемпе те аталантарассишĕн тата тĕреклетессишĕн, тырпул, техникăллă культурăсем, халăх валли аш-какай, çу, пахча çимĕç, çăмăл промышленность валли чĕртавар ытларах туса илессишĕн социализмлă ăмăртăва хутшăнма чĕнсе каларĕç. Çак чĕнĕве сӳтсе явнă хыççăн, Пăрачкав МТС-ĕнчи механизаторсем тракторсемпе ялхуçалăх машинисене срокчен—выранти Советсен суйлав кунĕ тĕлне юсаса пĕтерме социализмлă обязательство илчĕç. Вĕсем тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене лайăх юсама, узловой меслетпе ĕçлеме, ĕçри технологие çирĕп пурнăçласа пыма, оборудованипе тата механизмсемпе туллин усă курма, кашни сменăра ĕç нормине тултарса пыма, тракторсене юсама ларакан хака 5 процент йӳнетме пулчĕç.

Суйлав умĕнхи социализмлă ăмăртăва хутшăнса, нумай колхозсем февралĕн 22-мĕшĕчен çуракине пĕтĕмпех хатĕрленсе çитме, государствăна тивĕçлĕ ялхуçалăх продукчĕсене срокчен парса татма обязательствăсем илеççĕ. Фермăсенче ĕçлекенсем выльăхсене лайăх пăхса усрассишĕн, выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ.

Выранти Советсен суйлавĕ ячĕпе илнĕ çĕнĕ те пысăк обязательствăсене пĕтĕмпех пурнăçлассишĕн кашни предприяти коллективĕ, кашни колхоз, кашни артель, кашни совет çынни тимлĕ тăрăшма тивĕçлĕ.

Панă сăмаха чыслăн пурнăçласси совет çыннисен кулленхи пурнăçĕнчи йăла пулса тăчĕ. Чунтан-чĕререн тăрăшса ĕçлени социализмлă Тăван çĕршывăн—тĕнчери мирпе демократин тата социализмăн тĕрекĕ пулса тăракан çĕршыв хăватне ӳстерет, пурнăçа тата ытларах лайăхлатма май парать.

Социализмлă обществăра çынна хăйне те, унăн ĕçне те хисеплеççĕ. «Кунта ĕçлекен çын хисепре,—тенĕ Сталин юлташ,—кунта вăл эксплуататорсем валли мар, хăйĕншĕн, хăй класĕшĕн, обществăшăн ĕçлет. Кунта ĕçлекен çын хăйне пăрахса хăварнă çын пек туйма пултараймасть. Йăлтах урăхла, пирĕн патăмăрта ĕçлекен çын хăйне хамăр çĕршывăн ирĕклĕ гражданинĕ вырăнне, хăйне евĕрлĕ обществăллă деятель вырăнне хисеплет. Вăл лайăх ĕçлет пулсан тата хăй мĕн пама пултарнине обществăна парать пулсан, вăл ĕç геройĕ, вăл чапа тухать».

Партипе совет тата профсоюзпа комсомол организацийĕсен социализмлă ăмăртăва анлă сарма, ĕççыннисен производствăри хастарлăхне ӳстерсе пыма, тăрăшса ĕçлеме хавхалантарас пулать. Новаторсен пуçарăвĕсене тата малта пыракансен опытне анлă сарни ĕçре çитĕнӳсем тума, производство планĕсене срокчен тултарма, ялхуçалăхĕнчи ĕçсене вăхăтра пурнăçлама, тырпул тухăçлăхне ӳстерме, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатма тата унăн тухăçлăхне ӳстерме пулăшаççĕ.

Ленин—Сталин партийĕ социализмлă ăмăртăва организацилес ĕç çине яланах питĕ тимлĕ пăхнă. Кая юлнисене мала кăларасси, вĕсем лайăх ĕçлекенсемпе танлашмалла тăвасси социализмлă ăмăртура тĕп вырăнта тăрать.

«Пирĕн,—тенĕ Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра.—Тăван çĕршыври ĕççыннисен творчествăллă пуçарулăхне пур майсемпе те малалла аталантармалла, социализмлă ăмăртăва анлă сарса пымалла, социализм строительствин пур участокĕсенче те ĕçе çĕнĕлле йĕркелеме пулăшакан лайăх, кăтартуллă тĕслĕхсем ытларах пулччăр, тесе ывăнма пĕлмесĕр тăрăшмалла, çак кăтартуллă тĕслĕхсене ĕçлекенсен мĕнпур массисем хушшине çине тăрса сарса пымалла, çапла вара ĕç фронтĕнче ытларах та ытларах пирĕн обществăри малта пыракан ĕççыннисемпе танлашса ĕçлемелле».

## Польша Халăх Республикинчи искусство мастерĕсен ССР Союзĕн Пысăк театрĕнчи юлашки концерчĕ

Январĕн 12-мĕшĕнче ССР Союзĕн Пысăк театрĕнче Польша Халăх Республикинчи искусство мастерĕсен пысăк концерчĕ пулнă. Концерта Польшăри Станислав Монюшно ячĕпе тăракан опера театрĕн (Познань хули) солисчĕсем, оркестрĕ, хорпа балечĕ, Польшăри «Мазовше» ятлă юрăпа ташă ансамблĕ хутшăннă.

Концерт питĕ ăнăçлă иртнĕ. Куракансем Польша артисчĕсене ăшшăн кĕтсе илнĕ, артистсем тухса юрласа панă хыççăн алă çупнă. Концертра Доменецкий тата Кленовский, Фолтын тата Кавецкая юрăçăсем, Черны-Стефаньская пианисткăпа Вилкомирская скрипачка уйрăмах палăрнă. Познаньри опера театрĕн оркестрĕ главнăй дирижер Бердяев ертсе пынипе пысăк ăсталăхпа каланă.

Концертра СССР Правительствин членĕсем—И. В. Сталин юлташ, В. М. Молотов, Г. М. Маленков, Л. П. Берия, К. Е. Ворошилов, Н. С. Хрущев юлташсем тата ыттисем те пулнă.

СССР Правительстви концерт участникĕсене тав тунă тата вĕсене икçĕр пин тенкĕ укça парса премилеме йышăннă.

## Мускаври прокатчиксен çитĕнĕвĕ

«Серп и молот» заводри прокат тăвакан «750» стан çинче ĕçлекен вальцовщиксем, сварщиксем тата операторсем январь уйăхĕнче государство панă заданирен ирттерсе çĕршер тонна металл прокат тума пулнă.

Январĕн 11-мĕшĕнче Клейменов мастер ертсе пыракан смена заданирен ирттерсе икĕ тонна металл прокат тунă. Алексеев мастер ертсе пыракан стахановецсем те планран ирттерсе 5 тонна металл прокат туса панă. Грачев мастер ертсе пыракан смена ытти сменăсенчен мала тухнă. Вăл ун умĕнхи сменăсенчен виçĕ хут ытларах прокат тунă. (ТАСС).

# Совет Союзĕ тăрăх

## Коммунизмăн аслă стройкисем валли

Мускаври «Динамо» завод коллективĕ, Ленинградри «Электросила» завод коллективĕпе социализмлă ăмăрту договорĕ туса, коммунизмăн аслă стройкисен заказĕсене срокчен пурнăçласа пыма пулнă. Завод коллективĕ çак хисеплĕ обязательствăна пурнăçлассишĕн пысăк хастарлăхпа ĕçлет.

Кăçалхи пĕрремĕш кварталта завод работникĕсен Кама çинчи гидроэлектростанци валли оборудовани туса памалла. Стахановецсем çак оборудование икĕ уйăх хушшинче туса пĕтерме пулнă.

Кама çинче гидроэлектростанци тăвакансем валли контактор панелĕсем 12 ярса панă. Халĕ тата 20 агрегат тăваççĕ.

Заводри Федор Косяков слесаре Атăлпа Дон хушшинчи канал валли оборудовани тунă чухне ăнăçлă ĕçленĕшĕн «Хисеп палли» орденĕпе наградăланă. Вăл январĕн 10-мĕшĕнче 8 панель пайĕсене туса пĕтернĕ, вĕсене вырнаçтарса лартма тытăннă. Федор Косяков юлташ çак кунсенче сменăри нормăна 3—3,5 хут тултарса пырать.

Заводри инженерсем Сталинград, Каховка тата ытти гидроэлектростанцисем валли оборудовани тумалли проектсем хатĕрленĕ. Çак проектсем тăрăх гидроэлектростанцисене анлăн автоматизацилеме, шлюзсен механизмĕсене телеуправлени тăрăх пăхса тата контроллесе тăма палăртнă. (ТАСС).

## Аслă стройкăсенчи специалистсем квалификацие ӳстереççĕ

ЛЕНИНГРАД, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). М. И. Калинин ячĕпе тăракан политехнически институт çумĕнче коммунизмăн аслă стройкисенчи инженерсемпе техниксене вĕрентме ялан ĕçлекен курс организациленĕ. Главгидрострой организациленĕ çак курсра малтанхи экзаменсем пуçланнă. 27 инженер гидротехника сооруженийĕсем çинчен вĕренни тăрăх экзамен тытнă. Экзаменра специалистсем пурте пекех пиçĕ лайăх паллă илнĕ. Тахиа-Ташри строительство участокĕн начальникĕ А. И. Шепелев инженер, «Куйбышевгидростройăн» производствăпа техника пайĕн аслă инженерĕ В. Н. Полуэктов, «Сталинградгидростройăн» производство пайĕн инженер-гидротехникĕ С. В. Буряков тата ыттисем те теорие тĕплĕ пĕлнине кăтартса панă.

1952 çулта çак курсра аслă стройкăсенчи инженерсем 150 çын ытла вĕреннĕ.



Куйбышев. КПСС XIX-мĕш съезчĕ панă директивăсенче çунакан газпа хваттерсенче, çавăн пекех автомобильсене ĕçлеттермелли топливо вырăнне ытларах усă курмалла тума палăртнă. Куйбышев хулинче автомобиль транспорчĕн пĕр пайĕ газпа ĕçлет. Газобаллонлă автомашинăсене газ пама ятарласа станци тунă.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: газобаллонлă автомашинăпа çӳрекен шофер Н. С. Лазарев колонкăран газ илет.
Н. ФИНИКОВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Литературăпа искусство енĕпе Сталинла премисем парас тĕлĕшпе ĕçлекен комитетра

Январĕн 12-мĕшĕнче литературăпа искусство енĕпе Сталинла премисем парас тĕлĕшпе ĕçлекен комитетăн пленумĕ уçăлнă. Комитет пленумне Н. С. Тихонов председатель пулса ертсе пынă. Пленумра 1952 çулшăн Сталинла премисем илме тăратнă ĕçсене пăхса тухассипе çыхăннă ыйтусене сӳтсе явнă.

Литературăпа искусство енĕпе Сталинла премисем илме 518 произведени тăратнă. Вăл шутра илемлĕ литература произведенийĕсем—182, музыка произведенийĕсем (концертсенче ăсталăх кăтартнисене те шутласан)—100, театр енĕпе—103, кинематографи (илемлĕ фильмсем тата хроникăллă-документлă фильмсем)—20, изобразительнăй искусство произведенийĕсем—91, архитектура енĕпе—22 произведени.

Пленумра А. Попов, А. Герасимов, И. Пырьев, А. Мордвинов, М. Чиаурели, М. Царев, С. Михалков, И. Грабарь, Р. Симонов, А. Гольдэнвейзер, Н. Голованов тата ыттисем те тухса каланă.

Комитет секцийĕсенче Сталинла премисем илме тăратнă ĕçсене малтанлăха пăхса тухса сӳтсе явма тытăннă. (ТАСС).

## 1953 çулта тунă малтанхи машинăсем

КРАМАТОРСК, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Сталин ячĕпе тăракан заводăн сборочнăй цехĕнче «ЭШ-4-40» утакан экскаватор пухса пĕтернĕ. Çак хăватлă машинăна Атăлпа Урал хушшинчи канал строительствинче ĕçлеме тунă. Аслă стройкăсенче ĕçлекен экскаваторщиксем асăрхаттарнисене шута илсе, заводри инженерсем машина конструкцине чылай улăштарнă. Çĕнĕ экскаватор малтанхи вăхăтра тунă çакăн пек экскаваторсенчен виçĕ тонна çăмăлрах.

Ытти предприятисенче те çĕнĕ машинăсем туса пĕтернĕ.

Кăçал Краматорскри машиностроительсем çĕршыври промышленноçăн тĕрлĕ отраслĕсене вуншар йышши çĕнĕ машинăсем туса параççĕ.

## Каспи тинĕс айлăмĕнче

ДЕРБЕНТ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Кăнтăр Даге станра ăшă кунсем тăраççĕ. Колхозниксем çуртыррисем акмалли çĕре сухалаççĕ, вăрман тăрăхĕсем тума йывăç лартаççĕ, садсемпе виноградниксенче ĕçлеççĕ. Дербент районĕнчи Ворошилов ячĕпе, Байдуков ячĕпе тăракан, «Оборона страны» тата ытти колхозсем те сухан, кишĕр тата ыхра акма тытăннă. Ир ӳссе çитĕнекен купăста калчине кăларса лартаççĕ.

# Выранти Советсен суйлавĕ умĕн

## Икĕ суйлав хушшинче

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Çавал шывĕн сулахай енче «Волга» колхоз вырнаçнă. Иртнĕ суйлав иртнĕренпе ял сăн-сăпачĕ питех те улшăнчĕ.

Колхозниксем çултан-çул çĕнĕ те илемлĕ çуртсем лартаççĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче 15 колхозник çĕнĕ çуртсем лартнă. Кашни колхозник килĕнчех Ильич ламписем çутатаççĕ тата радио калаçать.

Юлашки икĕ çул хушшинче вулав çурчĕпе ялти библиотека хăйсен ĕçĕсене чылай вăйлатрĕç. Библиотекăра 1950 çулта 1.500 ытла кĕнеке пулнă пулсан, халĕ—2.500 кĕнеке. Колхозра киностационар уçнă. Кашни кăç тенĕ пекех клубра кино кăтартаççĕ. 1950 çултипе танлаштарсан, вăтам шкулпа институтсенче вĕренекенсен хисепĕ те чылай ӳсрĕ. Халĕ пирĕн колхозран вуншар çын тĕрлĕ институтсемпе техникумсенче, училищесенче вĕренет.

«Волга» ялхуçалăх артелĕ икĕ çул хушшинче нумай ӳссе тĕрекленчĕ, вăйланчĕ. Колхозлă ял çыннисем çултан-çул вăйлă тырпул туса илеççĕ. 1950 çулта кашни гектар çинчен вăтам шутпа 14—15-шер центнер тырă туса илнĕ пулсан, халĕ 16—17-шер центнер тĕштырă туса илеççĕ. Хăшпĕр бригадăсем 18-шар центнер ытла тĕштырă туса илчĕç. Колхозра выльăх-чĕрлĕх хисепĕ те ӳсрĕ. Колхоз хуçалăхĕ вăйлансах пырать. Халĕ колхозăн çăм тапмалли машина, çил арманĕ, двигательпе ĕçлекен арман тата ыттисем те пур.

А. ИВАНОВ.

## Суйлав комисси ларăвĕнче

Январĕн 12-мĕшĕнче Шупашкар хулинчи суйлав комиссийĕн ларăвĕ пулчĕ. Ларура ĕççынни депутачĕсен выранти Совечĕсен суйлавне хатĕрленес тĕлĕшпе хула суйлав комиссийĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен тата комиссин ĕç планне çирĕплетесси çинчен сӳтсе явреç.

Пĕрремĕш ыйтупа суйлав комисси председателĕ И. Д. Светлов юлташ доклад туса пачĕ. Вăл хулари суйлав комиссийĕн, Чăваш АССР ĕççынни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсене суйламалли Положени тăрăх, суйлав законне пурнăçа тĕрĕс кĕртсе пынине сăнаса тăма, суйлав комиссийĕсем тĕрĕс мар ĕçлени çинчен панă жалобăсене пăхса тухма, суйлавçăсен списокне вăхăтра тунине сăнаса тăма тивĕçли çинчен тата суйлав кампанийĕнчи ытти ĕçсем çинчен те каласа пачĕ.

Тухса калакансем хăшпĕр суйлав округĕсем вырнаçнă пӳлĕмсене халĕ те йĕркелесе çитерменнине, Сосновкăри округсемпе участоксенчи суйлав комиссийĕсем ĕçлекен çуртсенче телефон çуккине тата ытти çитменлĕхсене палăртрĕç.

Комисси хăйĕн ĕç планне çирĕплетрĕ.

Кунсăр пуçне суйлав комиссийĕ хăй ĕçлекен пӳлĕмре яланах комиссин пĕр членĕ дежурнăй пулмалла йĕрке турĕ.

* * *

Çав кунах Чапаевски поселокра округсенчи тата участоксенчи суйлав комиссийĕсен председателĕсемпе секретарĕсен канашлăвĕ пулнă. Унта суйлава хатĕрленес енĕпе комиссисем мĕнле ĕçсем тумалли çинчен сӳтсе явнă.

## Ăмăртури хастарлăх

ТĂВАЙ. Çĕнĕ Пуянкассинчи Сталин ячĕпе тăракан промартельпе районти çĕвĕ çĕлекен «8 марта» артель (председателĕсем Сергеевпа Волков юлташсем) çулталăкри плана 118-шар процент, Тăрмăшри Ворошилов ячĕпе тăракан вăрман промысла артелĕ (председателĕ Димитриев юлташ) 110 процент ытла тултарчĕç. Вĕсем планран ирттерсе 100 пин тенкĕлĕхе яхăн продукци туса кăларчĕç.

Артельсенче ĕçлекенсем продукци пахалăхне лайăхлатнипе пĕрлех, унăн хăйне ларакан хакне те чылай йӳнетрĕç. Вĕсем укçа-тенкĕ тата чĕртавар чылай перекетленĕ. Ĕç тухăçлăхĕ артельсенче, 1951 çулхипе танлаштарсан, 3—4 процент ӳснĕ.

Халĕ районти пур предприятисенче ĕçлекенсем те выранти Советсен суйлавĕ умĕнхи социализмлă ăмăртăва хутшăнаççĕ. Сталин ячĕпе тăракан артельти Семенов юлташ ертсе пыракан иккĕмĕш цех январьти плана срокчен тултарассишĕн тăрăшса ĕçлет. Цехра ĕçлекенсем пурте кулленхи нормăна тултарса пыраççĕ. Халĕ çав цехра ĕçлекенсем вуншар çăшăр атă-пушмак, нумай костюм тата тумтирсем çĕлесе кăларнă.

Çĕвĕ çĕлекен «8 марта» артель коллективĕ суйлав кунĕ тĕлне икĕ уйăхри плана тултарассишĕн тăрăшса ĕçлет. Ворошилов ячĕпе тăракан артель членĕсем февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне пиншер тенкĕлĕх продукци планран ирттерсе туса кăларма тăрăшаççĕ.

А. ВИКТОРОВ.

## Вăрлăх хатĕрлемелли плана тултарнине кăтартакан СВОДКА

1953 çулхи январĕн 10-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши тырăсем (викăсăр пуçне) | Пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши сортлă тырăсем | Çурхи тулă | Нумай çул ӳсекен курăксен вăрлăхĕ |
|---|---|---|---|---|
| Улатăр | 109,5 | 109,5 | 101 | 90,4 |
| Йĕпреç | 106,1 | 94,8 | 104,3 | 65,5 |
| Калинино | 106,1 | 96,8 | 101 | 62,4 |
| Шăмăршă | 103,7 | 67,8 | 102,3 | 16,8 |
| Сĕнтĕрвăрри | 101,5 | 84,2 | 122,9 | 16,1 |
| Елчĕк | 101,3 | 101,3 | 99,7 | 97,4 |
| Ишлей | 101,1 | 67,5 | 104,4 | 38,7 |
| Первомайски | 100,1 | 83,7 | 102,4 | 63,7 |
| Шăхасан | 99,8 | 74 | 94,9 | 89,7 |
| Канаш | 99,7 | 82,1 | 103,6 | 45,1 |
| Сĕнтĕр | 99,7 | 86 | 103,6 | 82,1 |
| Октябрьски | 98,7 | 69,1 | 101,9 | 37,5 |
| Етĕрне | 98,6 | 85,3 | 105,5 | 50,5 |
| Муркаш | 97,9 | 74,1 | 106,2 | 25,8 |
| Комсомольски | 96,9 | 90 | 104,2 | 81,4 |
| Красноармейски | 96,8 | 87,3 | 96,7 | 49,6 |
| Чкаловски | 96,8 | 86,4 | 111,6 | 52,5 |
| Вăрнар | 96,2 | 92,7 | 108,6 | 72,6 |
| Çĕмĕрле | 94,1 | 80,2 | 99,2 | 27,2 |
| Тăвай | 93,9 | 91,5 | 100,5 | 89,5 |
| Шупашкар | 93,3 | 68,4 | 105 | 41,7 |
| Куславкка | 92,7 | 79,4 | 118,8 | 25,2 |
| Советски | 92,3 | 76,5 | 97 | 44,6 |
| Кувакино | 91 | 85,4 | 97,5 | 28,1 |
| Вăрмар | 91 | 79,5 | 97,4 | 74,3 |
| Элĕк | 90,1 | 77,5 | 100 | 31,4 |
| Чурачăк | 90 | 80,2 | 104,8 | 40,1 |
| Пăрачкав | 87,4 | 85,3 | 98,7 | 46,5 |
| Хĕрлĕ Чутай | 83 | 63,5 | 86,6 | 24,4 |
| Çĕрпӳ | 69,6 | 56,1 | 86,9 | 50,1 |

## Республикăри МТС-сем 1952—1953 çулхи кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра тракторсем юсамалли плана тултарнине кăтартакан СВОДКА

1953 çулхи январĕн 10-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| МТС-сем | Тракторсем юсанă |
|---|---|
| Сĕнтĕр | 60,4 |
| Йĕпреç | 60,4 |
| Пăрачкав | 56,5 |
| Комсомольски | 50 |
| Çĕмĕрле | 48,7 |
| Чкаловски | 46,5 |
| Вăрнар | 46,4 |
| Кувакино | 45,8 |
| Елчĕк | 45,7 |
| Элĕк | 45,6 |
| Муркаш | 45 |
| Шăхасан | 44,6 |
| Улатăр | 43,7 |
| Шупашкар | 42,5 |
| Шăмăршă | 40,9 |
| Советски | 39,3 |
| Тăвай | 39,3 |
| Калинино | 38,4 |
| Сурмайдан | 38,1 |
| Çĕрпӳ | 36,8 |
| Красноармейски | 36,4 |
| Октябрьски | 36,1 |
| Первомайски | 32,7 |
| Куславкка | 32 |
| Ишлей | 30,9 |
| Канаш | 30,8 |
| Чурачăк | 30,3 |
| Вăрмар | 29,7 |
| Етĕрне | 29,1 |
| Сиява | 26,5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 25 |
| Хĕрлĕ Чутай | 19,6 |

## Çитес çуракине хатĕрленеççĕ

ЕЛЧĔК. «Комсомолия» колхоз членĕсем ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе аслă Сталин юлташ умĕнче илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçларĕç. 1952 çулта колхоз вăйлă тырпул туса илчĕ. Ку тĕлĕшпе уйрăммăнах В. Веников комсомолец ертсе пыракан бригада пысăк çитĕнӳсем турĕ. Çак бригада кашни гектартан вăтам шутпа 19-шар центнер тĕштырă туса илчĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем государство умĕнчи заданисене пур енĕпе те срокчен тултарчĕç. Ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçленĕ хыççăн артель членĕсем çитес çуракине тăрăшса хатĕрленеççĕ.

Суракине хатĕрленес тĕлĕшпе колхоз правленийĕ план тунă. Çав план тăрăх кашни бригадăна çирĕп заданисем панă. Бригадăсем хăйсене панă заданисене пурнăçлас тĕлĕшпе пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ.

Колхоз вăрлăх çителĕклĕ хатĕрленĕ, лайăх сортласа хунă.

Çавăн пекех ялхуçалăх машинисене юсас ĕç те ăнăçлă пырать. Юлашки кунсенче 20 плуг, 5 сеялка, 6 культиватор юсаса пĕтернĕ. Ялхуçалăх машинисене юсас ĕçре В. Лисицын тимĕрçĕ тăрăшса ĕçлет. Вăл ялхуçалăх машинисене лайăх юсарĕ.

Халĕ колхоз членĕсем юр тытаççĕ, уя тислĕк кăлараççĕ, çавăн пекех агротехникăна вĕренеççĕ.

М. ЕФРЕМОВ.

## Колхозри радиоузел

СОВЕТСКИ. Çак кунсенче Турайри Киров ячĕпе тăракан колхоз радиоузел туса пĕтерсе ĕçе ячĕ.

Колхозри 220 киле тата обществăллă çуртсене радио кĕртнĕ. Халĕ пирĕн колхозниксем Мускавран тата Шупашкартан паракан передачăсене итлеççĕ.

В. МИХАЙЛОВ.

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# КПСС хула комитечĕн пленумĕ пуçламăш парторганизаци ĕçĕ çинчен

Улатăрти пăравуссем юçакан заводри пуçламăш парторганизацинчĕ парти членĕсемпе кандидачĕсем 200 çын. Нумаях пулмасть ку парторганизаци ĕçĕ çинчен хула комитечĕн пленумĕ сӳтсе явре.

Парторганизаци хăйĕн ĕçне чылай лайăххатнă, производство экономикипе ытларах интересленме тытăннă. Парторганизаци, парти Уставĕ панă правăпа усă курса, администраци ĕçĕсене лайăхрах тĕрĕслеме пуçланă. Цехсенчи чылай парторганизацисем агитациллĕ-массăллă тата культурăллă ĕçе кӳллен вăйлатса пыраççĕ, рабочисем хушшинче калаçусем, лекцисем ирттереççĕ, уйăхра 1—2 хут стена хаçачĕ кăлараççĕ, социализмлă ăмăрту мĕнле пыни çинчен кăтартса параççĕ.

Парторганизацинчи чылай коммунистсем ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ, кулленхи нормăна 150—250 процент таран тултараççĕ, материалсене перекетлеççĕ, брак тумаççĕ. Сăмахран, сборочнăй, котельнăй, токарно-механически, инструментальнăй тата тимĕрçĕсен, пăравус ураписене юсакан цехсенчи 80 коммунистран 64 коммунист стахановец, ытисем ударниксем.

Рабочисем хастарлă ĕçленипе ĕнтĕ завод СССР Çул-йĕр министерствин пăравуссем юсакан завочĕсем хушшинче 1952 çулта яланах малти вырăнсенчен пĕрне йышăннă. Завод валовой продукци кăлармалли плана декабрĕн 25-мĕшĕ тĕлне, пăравус юсамалли плана декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, урăхла каласан, пĕр уйăх маларах, тултарнă. Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана 102,3 процент тултарнă.

Анчах парторганизаци ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Парторганизаци тата унăн бюровĕ производство планне ассортиментсем тăрăх çирĕппĕн пурнăçласа пырас, продукцин хăйне ларакан хакне чакарас, производствăри культурăлăха ӳстерес, ĕçре брак тăвассине пĕтерес, материалсене тата электроэнергие перекетлес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Кун çинчен çак фактсем те аван кăтартса параççĕ. Завод 11 уйăхри металл туптамалли плана 69,4 процент, чугун шăратмалли плана 86,1 процент, бронза шăратмалли плана 85,9 процент кăна тултарнă. Продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли плана 1,1 процент тултарайман. Иртнĕ çул рекламацисем пулнă пирки кăна 33 пин тенкĕ тӳленĕ, кунсăр пуçне цехсенче 76 пин тенкĕлĕх брак тунă.

Заводра штурмовщинăна ку тарана çитсе те пĕтермен. Ялан тенĕ пекех уйăх пуçламăшĕнче васкамасăр ĕçлеççĕ, çур уйăх иртсен вара пурте, мастерпа цех начальникĕнчен пуçласа главнăй инженерпа завод начальникĕ таранах, чупкалама тытăнаççĕ. Уи пек чухне законлă йĕркесене пăсма пуçлаççĕ. Çапла вара планăн виçĕ пайĕнчен икĕ пайне уйăхăн юлашки çурринче, ытти пайне уйăхăн пĕрремĕш çурринче пурнăçлаççĕ.

Заводра оборудованипе те туллин усă курмаççĕ. Заводăн тата цехсен планĕсенче те пысăк çитменлĕхсем пур, нормăсене кирлĕ пек йĕркелесе çитермен. Ĕçри новаторсен, малта пыракан рабочисен опычĕсене çителĕксĕр сараççĕ. Парторганизаци çак ĕçсене лайăхлатас тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панă пек пĕтĕм вăя хурса ĕçлемест, цех руководителĕсен, заводри пайсен заведующийĕсен ответлăхне ӳстерме кӳллен тăрăшмасть.

Парторганизаци социализмлă ăмăртăва ертсе пырас ĕçри формализма хирĕç кирлĕ пек кĕрешмест. Партбюро та, цехри парторганизацисем те бригадăсен, цехсен тата уйрăм рабочисен ăмăртăвне ертсе пымаççĕ, вĕсем ку ĕçе пĕтĕмĕшпех профсоюз организацийĕсен аллине панă. Профсоюз организацийĕсем те ку ĕçрен пăрăнса тăраççĕ.

Заводри агитациллĕ-массăллă, идеологиллĕ ĕçсене XIX-мĕш съезд хушнă пек туса пымаççĕ-ха. Лекцисемпе докладсене час-часах хатĕрленмесĕр ирттереççĕ, калаçу ирттерес вырăнне хаçат кăна вулаççĕ. Хăшпĕр çынсем хут çинче кăна агитатор шутланса тăраççĕ.

Агитациллĕ-массăллă ĕç çителĕксĕр пулнă пирки ĕнтĕ дисциплинăна пăсакансен шучĕ ӳснĕ. 11 уйăх хушшинче прогул туни, ĕçрен хăй ирĕкĕпе кайни, приказсене пăсни 248 хутчен пулнă.

Заводри парторганизацине КПСС хула комитечĕ те сахал пулăшать. Хула комитечĕн секретарĕсемпе пайсен заведующийĕсем заводра сайра-хутра кăна пулаççĕ, пулсан та рабочисене пухса калаçса пăхмаççĕ, докладсемпе лекцисем тумаççĕ.

Парторганизаци кадрсен квалификацине ӳстерессишĕн кӳллен тăрăшмасть. Цех начальникĕсемпе мастерĕсен пĕлĕвĕ пысăк мар пулин те вĕсене экономикăна вĕрентес ĕçе йĕркелемен, рабочисен, инженерсемпе техниксен творчествăллă пуçарулăхне кирлĕ пек сарса яман.

Партбюро секретарĕ Вельдяев юлташ партбюро членĕсене тата актива парти ĕçне явăçтарма тăрăшмасть. Вăл пур ĕçсене те хăй тăвасшăн.

Заводри парторганизаци кружоксемпе политшкулсен занятийĕсене лайăх ирттерессишĕн çине тăрса ĕçлемест. Шеморина пропагандист ертсе пыракан кружокра занятисем вăхăтра пулмаççĕ. Партбюро комсомолецсен политкружокĕн ĕçĕпе те сахал интересленет.

Заводри парторганизаци ĕçне партин XIX-мĕш съезчĕ кăтартса панă пек вăйлатас шутпа пленум çирĕп решени йышăнчĕ.

И. КУДРЯВЦЕВ.

# Çитменлĕхсене пĕтермелле

КПСС Çĕрпӳ райкомĕн черетлĕ пленумĕ ĕçсынни депутачĕсен вырăнти Советчĕсене суйлама хатĕрленнĕ май пуçламăш парторганизацисем умĕнче тăракан задачăсем çинчен сӳтсе явре. Ку ыйту тăрăх парти райкомĕн секретарĕ Д. Кирпичев юлташ доклад туса пачĕ.

Докладчик тата тухса калакансем вырăнти Советсен суйлавĕ политикăллă пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăнине, ку ĕçе парторганизацисен тĕрĕс организацилесе, кӳллен ертсе пыма кирлине палăртрĕç.

Районта 27 суйлав участокĕ тунă, вĕсенче пуринче те агитпунктсем организациленĕ. Парти райкомĕ агитпунктсен заведующийĕсене пăхса тухса çирĕплетнĕ. Агитпунктсем 740 агитатора пĕрлештерсе тăраççĕ. Вĕсем ĕçсыннисене партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсем çинчен, съездра И. В. Сталин юлташ каланă сăмахпа унăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ çинчен каласа ăнлантараççĕ, суйлав Положенийĕпе паллаштараççĕ. Шĕнерти суйлав участокĕнчи агитпункт (заведующийĕ Григорьев юлташ) хăй ĕçне план тăрăх туса пырать. Агитпунктра суйлавçăсем хаçат-журнал, кĕнекесем вулаççĕ, хăйсене интереслентерекен ыйтусем çине ответсем илеççĕ. Çак çуртрах кĕнекесен витрини тунă.

Анчах çӳлте асăннă тĕслĕхсем районта вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕç кирлĕ пек пулса пырать тенине пĕлтермест-ха. Тӳрех каламалла, чылай çĕрте суйлава хатĕрленес ĕç питех те вăраххăн пулса пырать. Нумай парторганизацисем агитаторсем уйăрнипех лăпланнă, вĕсен ĕçĕпе интересленмеççĕ.

Сĕнъялти суйлав участокĕнчи агитпункт ку тарана çитсе те ĕçе тытăнман. Агитаторсене халĕ те уйрăм участоксем уйăрса паман. Хулари агитпунктсенче те агитациллĕ-массăллă ĕçе япăх туса пыраççĕ. Уйрăмах нагляднăй агитаци ĕçне начар организациленĕ.

Культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Хăшпĕр вулав çурчĕсемпе ялти библиотекăсем хупă тăраççĕ, вĕсене хутма вутă хатĕрлемен. Патăръелти вулав çурчĕн заведующийĕ Чистяков хăй те вулав çуртне пырса курмасть.

Çавăн пекех Кăшаркассинчи, Шуртавăшри вулав çурчĕсем те ĕçсыннисем хушшинче агитациллĕ-массăллă ĕçе япăх туса пыраççĕ.

Чылай пуçламăш парторганизацисем агитациллĕ-массăллă тата пропаганда ĕçне умра тăракан хуçалăх ыйтăвĕсемпе çыхăнтармаççĕ. Çакă вăл район хальхи вăхăтра вăрман хатĕрлес, çитес çураки валли вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе юлса пынинчен те курăнать.

Пленум вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленсе ирттерес тĕлĕшпе конкретлă ĕçсем тума палăртса решени йышăнчĕ.

Пленум вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ĕçе анлăн сарса яма, агитациллĕ-массăллă тата пропаганда ĕçне витĕмлĕн туса пынипе ĕçсыннисен ĕçри хастарлăхне вăйлатас, суйлава çитĕнӳсем тунипе, февралĕн 22-мĕшĕ тĕлне вăрман хатĕрлев планне тултарнипе, 1-мĕш кварталти финанс планне 70 процентран кая мар тултарнипе кĕтсе илес задача лартрĕ.

Х. ЛИСИН.

# Профгруппоргсен ĕçне вăйлатар

Социализмлă ăмăртăва вăйлатас тĕлĕшпе совет профсоюзĕсем нумай ĕçлеççĕ. Ку енĕпе уйрăммăнах профгруппăсем паллă вырăн йышăнса тăраççĕ.

Профгруппăсем кашни предприятирех пур. Вĕсен пĕлтерĕшĕ пысăк. Профгруппа предприятисенчи, учрежденисенчи, шкулсенчи профсоюз организацийĕсен пуçламăш сыпăкĕ пулса тăрать. Производство планĕсене тултарас ĕçе, паллах ĕнтĕ, уйрăм участоксенче, бригадăсенче, ĕç вырăнĕсенче туса пыраççĕ. Çакăнта, чи пуçламăш сыпăкра, рабочисем пĕр-пĕрин хушшинче социализмлă ăмăртăва сарса яраççĕ, çĕнĕ пуçарусем кăтартаççĕ.

Профгруппа тăрăшса, хастарлă ĕçлесен, малта пыракан рабочисен опытне сарас тĕлĕшпе çав тери нумай ĕç тума, уйрăм бригада е участок ĕçне нумай малалла яма пултарать.

Чылай профгруппоргсем хăйсен ĕçне пĕлсе, лайăх туса пыраççĕ. Ку енĕпе уйрăммăнах Шупашкарти пир-авăр тĕртекен фабрикăри Нина Ислюкова профгруппоргпа Çĕмĕрлери сĕтел-пукансем тăвакан комбинатри Анастасия Меньшова профгруппорг ĕçне палăртас пулать.

Нина Ислюкова обществăллă ĕçе хастарлăн хутшăнать кăна мар, хăй те производствăра паха тĕслĕхсем кăтартать. Вăл заправщица пулса ĕçлет. Хăйĕн ĕçне çав тери аван хăнăхса çитнĕ вăл: нормăпа 45 минутра заправка тумалла пулсан, Нина Ислюкова 25 минутрах заправка тăвать. Хăй мĕнле майпа çакăн пек хăвăрт ĕçлеме пултарни çинчен вăл ытти рабочисене те каласа парать. Профгруппăри рабочисем хушшинче социализмлă ăмăртăва анлăн сарса янă, çапла вара 4 бригада пысăк пахалăхпа ĕçлекен бригадăсен ятне илнĕ. Социализмлă ăмăртăвăн итогĕсем çинчен кунта сменăри рабочисен пухăвĕнче кашни эрнерех сӳтсе яваççĕ тата кăтарту хăмисем çине çырса кăтартаççĕ.

Ислюкова юлташ профсоюз ĕçĕн ытти участокĕсенче те пысăк хастарлăх кăтартать. Вăл тăрăшса ĕçленипе пур работницăсем те профсоюз членне кĕнĕ. Профгруппăра час-часах производствăллă канашлусем, пухусем тата лекцисемпе докладсем ирттереççĕ, хаçат-журналсем вуласа параççĕ, кашни уйăхрах пĕрер номер стена хаçачĕ кăлараççĕ. Час-часах культпоходсем ирттереççĕ: ушкăнпа кайса кинокартинăсем, спектакльсем кураççĕ.

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан тăвакан комбинатăн 5-мĕш цехĕнчи комплектовщица Анастасия Меньшова профгруппорг пулса пурĕ вунултă çул ĕçлет ĕнтĕ. Унăн профгруппинче 22 çын. Вĕсем пурте производство заданийĕсене ирттерсе пурнăçлаççĕ. Вĕсенчен 13 çын стахановецсем. Çак профгруппăри рабочисем продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетме ăмăртăва тухнă, халĕ кашни уйăхрах 1.500—2.000-шер тенкĕ перекетлеççĕ.

Çак çитĕнӳсене тума, паллах ĕнтĕ, профгруппа тăрăшса ĕçленĕ, вăл мастера пур ĕçре те пулăшса пынă. Профгруппăра тĕрлĕ профессиллĕ рабочисем: малярсем, столярсем, упаковщиксем т. ыт. те пур пулин те, профорг социализмлă ăмăртăва çав тери аван организацилет, ку енĕпе пуçарулăх, пултарулăх кăтартать.

Социализмлă ăмăртăва лайăххах организацилес шутпа А. Меньшова юлташ цехри мастерпа пĕрле кашни уйăх пуçламăшĕнчех пуху ирттерет. Унта социализмлă обязательствăна иртнĕ уйăхра епле пурнăçласа пынине тишкереççĕ, ăнăçлă ĕçлеме чăрмантаракан сăлтавсене пĕтермелли майсене кăтартса параççĕ.

Профгруппорган хăйĕн активĕ пур. Ĕçе сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен инспектор цехри рабочисене техникăллă хăрушсăрлăхăн правилисем çинчен каласа панине асăрхасах тăрать. Страховой делегат каçхи профилактори ĕçне сăнаса пырать.

Профгруппорг çĕнĕ членсем илес, член укçи пухас тĕлĕшпе те аван ĕçлет. Профсоюзăн задачисемпе тĕллевĕсем çинчен тата член укçине вăхăтра тӳлеме кирли çинчен яланах калаçусем ирттерет. Халĕ участокри рабочисем пурте профсоюз членĕнче тăраççĕ тата член укçине вăхăтра тӳлесе пыраççĕ.

Н. Ислюковăпа А. Меньшова профгруппăсем мĕншĕн çакăн пек лайăх ĕçлеççĕ-ха? Ăçта вĕсен секречĕ? Кунта малтанах çакна калас пулать: профгруппăсем хăйсен группоргĕсем пулма хастарлă, пултарулă çынсене уйăрса лартнă. Рабочисем вĕсене хисеплеççĕ, юратаççĕ, хăйсен чи паха юлташĕсем вырăнне хураççĕ.

Вĕсен опычĕ çакна кăтартса парать: çакăн пек ĕçлеме пур профгруппоргсен те май пур, тата вĕсем çакăн пек ĕçлемелле те. Предприятисенче профгруппоргсем нумай пирĕн. Çавăнпа та вĕсем пĕтĕм вăя хурса ĕçлесен пысăк çитĕнӳ тума пултараççĕ.

Социализмлă ăмăртăва организацилесси профгруппорган тивĕçĕ. Унăн кашни рабочинех пулăшса пымалла, урăхла каласан, илнĕ обязательствăна пурнăçлама май туса памалла. Профгруппăсен пухăвне ирттермелле; унта социализмлă ăмăртăвăн итогĕсем çинчен каласа памалла, производствăллă канашлусем ирттермелле. Профгруппорган бригадирпа тата мастерпа пĕрле цехри рабочисемпе работницăсене стахановец е ударник ятне парасси çинчен тата Хисеп хăми çине кĕртесси çинчен цех начальникне тата профсоюзăн цехри комитетне сĕнӳ памалла. Профгруппоргсен кашни рабочи тата работница социализмлă обязательствăна пурнăçланине тĕрĕслемелле, рабочисене нормăна тултарма чăрмантаракан сăлтавсене кăтартса памалла, малта пыракансен опытне çарма тăрăшмалла, рабочисене ĕç çине социализмла пăхма, государство интересĕсене тĕрĕс ăнланса илме, хăйсен предприятине юратма тата унăн чысне хӳтĕлеме вĕрентмелле. Ку енĕпе уйрăммăнах профгруппăсен канашлăвĕ пысăк вырăн йышăнать. Кунта дисциплинăна пăсакан рабочине юлташла ӳкĕтлеме, пулăшу пама пулать.

Профгруппоргсен тивĕçĕ — организациллĕ-массăллă ĕçе йĕркелесси. Вĕсен пур рабочисене те профсоюз членне кĕртмелле, профсоюз учетне йĕркелемелле, член укçине вăхăтра пухмалла. Кунсăр пуçне вĕсен рабочисемпе работницăсем хушшинче воспитани ĕçне туса пымалла.

Хăшпĕр профгруппоргсем хăйсен ĕçне кирлĕ пек туса пыма хăнăхса çитменха. Вĕсене, паллах, пулăшу кирлĕ. Профсоюзăн облаçри, фабрикăсемпе заводсенчи тата вырăнти комитечĕсен профгруппăсен рольне ӳстермелле, вĕсене социализмлă ăмăртăвăн чăн-чăн организаторĕсем туса хума тăрăшмалла.

А. АЛЕКСЕЕВ.

# Атăл тăрăхĕнчи республикăсемпе облаçсенчи хаçатсенчен

### ХУСАН ЧУГУН ÇУЛĔ ÇĔНĔ ПИЛĔКÇУЛЛĂХРА

«Советская татария» хаçатра Хусан чугун çулĕн начальникĕн А. Сидоренко юлташăн «Хусан чугун çулĕ çĕнĕ пилĕкçуллăхра» ятлă статьи пичетленнĕ. Статья авторĕ чугун çул çинче ĕçлекенсем Сталин юлташа панă сăмаха чыслă пурнăçа кĕртни çинчен çырать. Иртнĕ çул йывăр составлă поездсем илсе çӳрекенсен шучĕ нумай ӳснĕ. Вĕсем нормăран ирттерсе 12 миллион та 700 пин тонна (е 1951 çулхинчен икĕ хут ытла) тĕрлĕ грузсем турттарнă.

Хусан чугун çулĕ, çĕршывăн пĕтĕм халăх хуçалăхĕнче паллă вырăнта тăнипе пĕрлех, Тутар, Чăваш, Удмурт, Пушкăрт, Мари тата Мордва автономиллĕ республикисен, Владимир, Горький, Киров, Ульяновск, Молотов тата Свердловск облаçĕсен халăх хуçалăхне аталантарас ĕçре те паллă вырăнта тăрать. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра чугун çул умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Грузсем тиесе ярасси тата пушатасси 1950 çултипе танлаштарсан 45—46 процент ӳсмелле.

Чугун çул тăрăх грузсем турттарасси ӳснипе пĕрлех, пассажирсем илсе çӳрекен поездсене çӳретесси те чылай ӳсет. 1955 çулта Мускав—Новосибирск, Хусан—Сталинград, Горький—Шупашкар, Горький — Рузаевка, Хусан — Киров, Хусан — Свердловск маршрутсемпе пассажир поезчĕсем кашни кун çӳремелле тума палăртаççĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра çавăн пекех çĕнĕ çулсем, пурăнмалли çуртсем енĕпе те пысăк ӳсĕм тума палăртнă.

### АТĂЛ ÇИНЧЕ ÇӲРЕМЕ ÇĔНĔ СУДНĂСЕМ

Партин XIX-мĕш съезчĕ суднăсем тăвакансем умне пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Пысăк шывсем çинче грузсем турттарма тата пассажирсем лартса çӳреме лайăх суднăсем тумалла.

«Сталинградская правда» хаçат çырнă тăрăх, Сталинград хулинчи суднăсем тăвакансем çак задачăна чыслă пурнăçа кĕртме тăрăшаççĕ. Вĕсем 1952 çулти август уйăхĕнче Аслă Атăл тăрăх çӳремелли питĕ лайăх теплоход тума тытăннă. Судоверфь коллективĕ кăçал теплоход корпусне туса çитерме, ытти ĕçсене тума палăртнă. Çĕнĕ судно çинче 140 çемçе вырăн, пĕрер çын вырнаçмалли 22 каюта, икĕ люкс каюта, икĕ ресторан, виçĕ салон, судно команди валли столовăй пулать. Теплоход çинче 75 çын ĕçлемелле.

1953 çулта судоверфь коллективĕ çакăн пек тепĕр икĕ теплоход тума тытăнать.

Судоверфь коллективĕ кунпа пĕрлех пысăк кӳлĕсенче çӳремелли çĕнĕ баржăсем туса кăларма тытăнас енĕпе ĕçлет.

### ÇĔНĔ ВОКЗАЛ

«Ульяновская правда» хаçат Ульяновск хулинче вокзал туса пĕтерсе ĕçе яни çинчен çырать. Çĕнĕ вокзал Ульяновскри чи илемлĕ те çӳлĕ çуртсенчен пĕри шутланать.

Вокзал çуртне Çул-йĕр министерствин Центральнăй архитектура коллективĕн проекчĕ тăрăх тунă. Çурт архитектуринче социализм çĕнтернине, Ленин—Сталин идейисем çĕнтернине, пирĕн çĕршывра коммунизм тумалли пысăк малашлăха кăтартса панă. Проект авторĕсем çурт архитектурине йĕркеленĕ чухне çавăн пекех Ульяновск хули этемлĕхĕн генийĕ Владимир Ильич Ленин çуралнă хула пулнине кăтартса панă.

Вокзал çуртĕнче пассажирсем валли лайăх пӳлĕмсем тата ачасене вылямалли уйрăм пӳлĕмсем, читальня, гостиница тата ыттисем те пур.

### ИНЖЕНЕР-ГИДРОТЕХНИКСЕМ ВĔРЕНСЕ ТУХНĂ

«Горьковская правда» хаçат Чкалов ячĕпе тăракан инженерипе строительство институтĕнче студентсен диплом проекчĕсене пăхса тухни çинчен çырать. Экзамен ирттерес тĕлĕшпе ĕçлекен государство комиссийĕ 57 проект пăхса тухнă, 52 проекта лайăх тата отлично хак панă.

Диплом проекчĕсем шутĕнче халăх хуçалăхĕнче паллă вырăнта тăракан ыйтусем тăрăх çырнă проектсем пур. П. Н. Шимакаев Атăл çинчи Шупашкар гидроузелĕ, В. П. Старов — Каховски гидроузелĕ, В. К. Ягодин — Сталинград гидроэлектростанцийĕн пĕвисем çинчен лайăх проектсем çырнă. Çак ĕçсен авторĕсем тата ытти проектсем çырнă чылай студентсем хăйсем пысăк пĕлӳ илнине кăтартса панă.

Институтран вĕренсе тухнă Ягодинпа Седов юлташсене институтра ассистентсем пулса ĕçлеме хăварнă. Вĕренсе тухнă ытти юлташсене гидротехникăн пысăк строительствисенче ĕçлеме янă.

## Колхозри телефон станцийĕ

ВĂРНАР. Сталин ячĕпе тăракан колхозра «АТС-ВРС» ятлă автомат телефон станцийĕ ĕçлеме пуçларĕ. Халĕ колхозри обществăллă çуртсене, тĕрлĕ учрежденисемпе колхоз руководителĕсен килĕсене телефон кĕртнĕ.

Ленин орденлĕ колхоз членĕсем кăçал хăйсен вăйĕпе канмалли çурт тума палăртнă.

# Тăван çĕршыва йывăç ытларах хатĕрлесе парар!

### ВĂРМАН ХАТĔРЛЕМЕЛЛИ ПЛАНА «ЧĂВАШВĂРМАН» ТРЕСТ ЕНĔПЕ 1953 ÇУЛХИ ЯНВАРĔН 10-мĕшĕ ТĔЛНЕ ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Касса хатĕрленĕ | Çул хĕррине илсе тухнă | Турттарса кăларнă |
|---|---|---|---|
| Улатăр | 31,5 | 38,2 | 26,9 |
| Элĕк | 32,7 | 11,1 | 12,7 |
| Вăрнар | 34,9 | 20,6 | 16,9 |
| Йĕпреç | 26,6 | 13,5 | 12,0 |
| Ишлей | — | — | 18,9 |
| Калинино | 33,8 | 29,5 | 24,8 |
| Канаш | 41,6 | 12,5 | 16,2 |
| Комсомольски | 67,8 | 28,3 | 48,7 |
| Куславкка | 100,3 | 44,6 | 54,5 |
| Красноармейски | 27,4 | — | 9,9 |
| Хĕрлĕ Чутай | 31,2 | 11,2 | — |
| Кувакино | 24,5 | 16,2 | 16,6 |
| Сĕнтĕрвăрри | 64,3 | 43,8 | — |
| Муркаш | 64,1 | 45,0 | — |
| Октябрьски | 53,8 | 35,6 | 10,2 |
| Первомайски | 58,7 | 17,6 | 19,6 |
| Пăрачкав | 48,5 | 43,9 | 8,8 |
| Советски | 33,3 | 22,2 | 13,8 |
| Сĕнтĕр | — | 10,8 | — |
| Вăрмар | 51,5 | 2,3 | 29,0 |
| Çĕрпӳ | 21,1 | 10,6 | 13,3 |
| Шупашкар | 136,6 | 115,6 | 104,1 |
| Чкаловски | 78,3 | 32,3 | 22,6 |
| Чурачăк | 51,2 | 14,6 | 57,6 |
| Шăмăршă | 40,0 | 9,8 | 27,4 |
| Шăхасан | 45,7 | 8,9 | 19,0 |
| Çĕмĕрле | 56,6 | 56,7 | 101,5 |
| Етĕрне | — | 15,8 | 32,2 |
| Елчĕк | 13,7 | 47,3 | 15,1 |
| Тăвай | 33,5 | 3,2 | 14,6 |



Совет Союзĕн промышленноçĕ вăрман хатĕрлекенсене пуян техника туса парать. Вăрман касса турттаракансен çав чаплă техникăпа — электропăчкăсемпе, тракторсемпе, автомашинăсемпе, крансемпе тата ытти механизмсемпе туллин усă курмалла. Механизмсемпе пысăк тухăçлăхпа ĕçлесси—вăрман хатĕрлекенсен пысăк задачи.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Йĕпреç вăрманпромхозĕн Дубравнăй вăрман участокĕнчи тракторист-трелевщик И. Я. Моисеев юлташ. Вăл, КТ-12 тракторпа ĕçлесе, нормăна 150 процент тултарса пырать.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Халăх хуçалăхне—паха йывăç

Республикăри вăрмансенче юман, хыр, хурăн тата ытти паха йывăçсем ӳсеççĕ. Вăрманпромхозсем коммунизмăн аслă стройкисене, шахтăсемпе предприятисене пĕрене, шпал тата ытти йывăç материалсем нумай тăрататççĕ. Ĕçе механизацилени, кадрсен ăсталăхĕ ӳсни вăрманпромхозсене ĕçе юрăхлă йывăç материалсем ытларах хатĕрлеме паха майсем туса пачĕç. Халĕ чылай вăрманпромхозсенче касса йăвантарнă йывăçсене механизациленĕ складсенче ăста рабочисем касса сыпăлаççĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем хушшинче ĕçе юрăхлă, хаклă тăракан материалсем нумайрах кăларассишĕн ăмăрту сарăлса пырать.

Вăрманпромхозсем государство пурлăхĕпе лайăхрах усă курма тытăнчĕç. Ана ак çакăнтан курма пулать: 1940 çулта «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозсем турттарса кăларнă йывăçран 40 проценчĕ çеç ĕçе юрăхлă пĕрене пулнă пулсан, 1951 çулта ĕçе юрăхлă йывăç 66 процент турттарса кăларнă. Малта пыракан вăрманпромхозсенче ĕçе юрăхлă йывăç унтан та ытларах хатĕрлеççĕ.

Кашни вăрманпромхоз çулсерен вуншар пин кубометр йывăç хатĕрлет. Мастерсем, бригадирсем, приемщиксем, десятниксем стандартсене тата тĕрлĕ материалсен хакĕсене асра тытса ĕçлесен, пиншер кубометр паха йывăç нумайрах хатĕрлеме пултарать. Чылай вăрманпромхозсен руководителĕсем продукци пахалăхĕшĕн тимлĕ кĕрешмеççĕ, предприятисемпе стройкăсене час-часах ĕçе юрăхсăр материалсем ăсатаççĕ. 1952 çулхи июль уйăхĕнче Первомайски вăрманпромхоз Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатне 700 кубометра яхăн хăма çурмалли пĕрене ăсатнă. Тĕрĕслесе пăхнă хыççăн 114 кубометрĕ çĕрĕк, 98 кубометрĕ çинçе, 465 кубометрĕ стандартлă мар пулни палăрнă. Ноябрь уйăхĕнче çак вăрманпромхоз Украина республикинчи «Стройремонт» артеле 41 вагон ĕçе юрăхсăр пĕрене ăсатнă.

Ĕçе юрăхлă материал вырăнне паха мар йывăç ăсатни халăх хуçалăхне пысăк сиен кӳни пуриншĕн те паллă. Апла пулин те вăрманпромхозсен директорĕсемпе «Чăвашвăрман» трест государствăна хирĕçле йăлана пĕтерме татăклă мерăсем йышăнмаççĕ, айăплисене ответ тыттармаççĕ.

Вăрманпромхозсенче хаклă сортиментсем тума юрăхлă йывăçсене йӳнĕрех сортиментсем туса вакланă е вутта янă тĕслĕхсем нумай. Чылай çĕрте пĕренесене кирлĕ пек сортламаççĕ. Касса хатĕрленĕ пĕренесене çийĕнчех турттарса кăларса ăсатмалла. Апла тумасан пĕренесем çуркаланаççĕ, пăсăлаççĕ, нумайрах выртсан — çĕреççĕ. Кашни вăрманпромхозрах иртнĕ çулсенче касса хатĕрленĕ пĕренесем пур. Сăмахран, Улатăр вăрманпромхозĕн 13-мĕш кварталта ик-виç çул каярах касса хатĕрленĕ 11.341 кубометр йывăç выртать. Буински вăрманпромхозĕн 235-мĕш разъездра 20 пин кубометр пĕрене пилĕк çул хушши выртать. 1951 çулта Пăрачкав вăрманпромхозĕ сулăпа юхтармалли 20 пин кубометр йывăçа Хĕр шывĕ çине пăрахма ĕлкĕреймен. Вăл йывăç халĕ те юханшыв хĕрринче выртать. Çавăн евĕрлĕ çитменлĕхсем ытти вăрманпромхозсенче те пур.

«Чăвашлесдрев» треста пăхăнса тăракан хăма çуракан заводсенче те продукци пахалăхĕшĕн кирлĕ пек кĕрешмеççĕ. Час-часах хăмасене тӳрĕ çурмаççĕ, стандартсене пăхăнмаççĕ. Алтышевăри хăма çуракан заводра хăмасене лайăх сортламасăрах, клеме çапмасăрах купаласа хураççĕ. Чугун çул станцийĕ вагонсем уйăрса парсан хăмасене хăшĕ лекнĕ, çавна тиеççĕ. Хăшпĕр чухне хыр хăмасене чăрăш хăмасемпе е ытти йывăçсенчен çурса хатĕрленĕ хăмасемпе хутăштарса тиесе ăсатаççĕ. Нумаях пулмасть завод Шупашкарти кондитерски фабрикăна ещĕксем тума 10 вагон хăма тăратнă. Фабрика çак материала йышăнман, мĕншĕн тесен вăл ещĕксем тума юрăхлă мар.

Стандарт тăрăх ещĕксем тума 19—30 миллиметр хулăнăшлĕ хăмасем çурса хатĕрлемелле. Хуçалăх руководителĕсем плана хисеп тĕлĕшĕнчен çеç тултарма тăрăшнипе час-часах 40—60 миллиметр хулăнăшлĕ хăма çурса кăлараççĕ.

Пĕтĕм Союзри Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче çапла каланă: «Промышленноçăн пур отраслĕсенче те продукци пахалăхне малалла нумай лайăхлатмалла. Ассортимента нумайлатмалла тата лайăхлатмалла, çавăн пекех халăх хуçалăх ыйтăвĕсене шута илсе, продукцин дефицитлă сорчĕсене туса кăларассине ӳстермелле. Ку чухнехи ыйтусене тивĕçлĕ государство стандарчĕсене татăклăн ĕçе кĕртсе пымалла». Вăрманпромхозсемпе хăма çуракан заводсен тата «Чăвашвăрман» трестпа «Чăвашлесдрев» трест руководителĕсен парти съезчĕ кăтартса панисенчен тивĕçлĕ вывод тумалла.

Нумаях пулмасть СССР вăрман промышленность министерстви йывăç материалсен пахалăхне ӳстерме пулăшакан приказ кăларнă. Çав приказ тăрăх, касса йăвантарнă йывăçсене тури складра сыпăламалла пулсан, десятник виçсе паллă тумасăр касса вакламa юрамасть. Анатри складсенче вара йывăçсене мастер-приемщик паллă тунă тăрăх çеç касса сыпламалла. Кашни пĕрене çине унăн сортиментне тата сортне кăтартса паллă тумалла. Кунсăр пуçне кашни пĕрене çинче десятникĕн е мастерăн номерне лартас пулать. Çĕнĕ йĕрке тăрăх материалсене техникăллă контроль йышăнсан çеç ăсатма юрать.

Продукци пахалăхне лайăхлатасси рабочисен, инженерсемпе техниксен ăсталăхĕпе пĕлĕвне ӳстерсе пынинчен, малта пыракансен опычĕпе меслетне анлă сарнинчен нумай килет. Кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра вăрманпромхозсем—десятниксем, мастерсем, бракерсем, приемщиксем пулса ĕçлеме техникумсемпе курссенчен вĕренсе тухман, техникăна лайăх пĕлмен çынсене илеççĕ. Вăрманпромхоз руководителĕсен çĕнĕ работниксен ăсталăхне ӳстерме курссем, кружоксем, семинарсем организацилемелле, опытлă работниксен меслечĕпе паллаштармалла. Кашни работник государство стандарчĕсене, материалсен хакĕсене пĕлсе тăтăр.

Вăрманпромхозсемпе хăма çуракан заводсенчи партипе профсоюз организацийĕсем хăйсем ертсе пыракан коллективсене продукци пахалăхне лайăхлатма, перекетлĕхшĕн кĕрешме, предприятисемпе стройкăсене паха материалсем çеç тăратма мобилизацилеме тивĕçлĕ.

Н. ДОЛБИЛОВ,
Главлесосбытăн Чăваш управленийĕн управляющийĕ.

# Тухăçлă ĕçлеççĕ

ЙĔПРЕÇ. Чернореченски автоçул çинче ĕçлекен шоферсем хушшинче социализмлă ăмăрту вăйланса пырать. Воронинпа Парфенович шоферсем çулталăкри нормăран ирттерсе икшер пин кубометр йывăç турттарса кăларма сăмах пачĕç. Вĕсен примерĕпе ытти шоферсем те социализмлă обязательствăсем йышăнчĕç.

Стахановецсем хăйсен сăмахне чыслă пурнăçласа пыраççĕ. Çак кунсенче Цыганов шофер сменăри ĕç нормине 214 процент, Выков шофер—265 процент тултарчĕç. Норма тăрăх шоферăн уйăхра 345 кубометр йывăç турттарса кăлармалла. Эрне хушшинче Парфенович юлташ 106 кубометр, Фролкин юлташ—132 кубометр турттарса кăларнă. Ытти стахановецсем те паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Г. РУСАНОВ.

## Пропагандистсемпе агитаторсене пулăшма

# Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсенче хуçалăх ÿссе вăйланса пырать

## Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ĕç тухăçлăхне ÿстермелли майсем

Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле ĕçĕ тата партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем совет халăхне коммунизмăн малалла кĕрешес ĕçре пысăкран та пысăк программăпа хĕçпăшаллантарчĕç. Сталин юлташ хăйĕн классикăллă произведенийĕнче социализмăн экономикăллă тĕп законне çав тери уççăн та тĕплĕн уçса пачĕ. Социализмăн экономикăллă тĕп законĕн чи паллă уйрăмлăхĕсемпе требованийĕсем çаксем пулаççĕ: «Чи çÿлте тăракан техника никĕсĕ çинче социализмлă производствăна вĕçĕмсĕр ÿстерсе тата лайăхлатса пырса, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ÿссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пымалла».

Социализмăн экономикăллă тĕп законĕн уйрăмлăхĕсемпе требованийĕсем çĕнĕ пилĕк çуллăх планра уççăн палăраççĕ. Çав пилĕк çуллăх плана ăнăçлăн тултармалли тĕп услови вăл—ĕç тухăçлăхне пысăк хăвăртлăхсемпе ÿстерни. Ĕç тухăçлăхне хăвăрт ÿстерсе пыни унччен пилĕкçуллăхсене тултарас ĕçре те пысăк вырăн йышăнса тăнă.

Социализмлă обществăра эксплуатаци çук, производство хатĕрĕсем обществăн харпăрлăхĕ пулса тăраççĕ. Кунта производствăллă отношенисем производительнăй вăйсен характерĕпе килĕшсе тăраççĕ. Çавăнпа вăл обществăра ĕç тухăçлăхне вĕçĕмсĕр ÿстерсе пыма питĕ пысăк паха майсем пулаççĕ. Çав майсем советлă социализмлă строй малта тăнинчен килеççĕ. Социализмлă строй ĕççыннисене обществăллă производствăна ÿстерме хавхалантарать, рабочи класăн культурăллă тата техникăллă шайне вĕçĕмсĕр ÿстерме, наукăпа техникăна чечеклентерме паха майсем туса парать. Наукăпа техника çитĕнĕвĕсемпе халăх хуçалăхĕнче анлăн усă кураççĕ. Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли паллă çăлкуç вăл—производствăри йывăр ĕçсене механизацилени.

Çав çăлкуçсемпе анлă усă курни тата массăсем пĕтĕм халăх ăмăртăвне хутшăнса пысăк çĕкленÿпе тăрăшни ССР Союзĕнче ĕç тухăçлăхне пысăк хăвăртлăхсемпе ÿстерсе пыма май параççĕ. Сталинла пĕррмĕш пилĕкçуллăхра ССР Союзĕнчи промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ 41 процент, иккĕмĕш пилĕкçуллăхра—82 процент, виççĕмĕш пилĕкçуллăхăн виçĕ çулĕнче—тата 30 процент ÿснĕ. Ĕç тухăçлăхĕ çавăн пек хăвăрт ÿссе пыни обществăллă производствăна калама çук хăвăрт аталантарма пулăшрĕ, хамăр çĕршывра социализм тумалли тĕп вăйсенчен пĕри пулса тăчĕ.

ССР Союзĕ социализм строительствинче тупă пысăк çитĕнÿсем Ленин «ĕç тухăçлăхĕ вăл, юлашки шутран, çĕнĕ обществăллă строй çĕнтерес ĕçре чи кирли, чи тĕп вырăнта тăраканни» (Сочиненисем, 29-мĕш том, 394 стр.) тесе вĕрентни çав тери тĕрĕссине яр уççăн кăтартса параççĕ. Çав çитĕнÿсем Сталин юлташ «социализм пысăк ĕç тухăçлăхĕн никĕсĕ çинче, капитализм чухнехинчен пысăкрах ĕç тухăçлăхĕн никĕсĕ çинче çеç çĕнтерме пултарать» тесе кăтартса панине питĕ лайăх çирĕплетсе параççĕ.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче те совет экономикинче ĕç тухăçлăхĕ пысăк хăвăртлăхсемпе ÿснĕ.

1940 çулпа 1951 çул хушшинче промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ 50 процент ÿснĕ. Çав тапхăрта промышленность продукци ÿсĕмĕн 70 процентне ĕç тухăçлăхĕ ÿснине пула тунă. Çав тапхăрта строительствăра ĕç тухăçлăхĕ 36 процент ÿснĕ.

Капитализмлă çĕршывсенче ĕçсем пачах урăхла. Капитализм стройĕ чухне ĕç тухăçлăхне ĕççыннисене пĕр шеллемесĕр эксплуатациленипе ÿстереççĕ. Капитализмлă обществăра ĕç тухăçлăхĕ ÿсни капиталистсен усламне нумайлатать, ĕççыннисен пурнăçне начарлатать, ĕçсĕрлĕхе ÿстерет, халăх массисене тата ытларах чухăнлатать.

Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсем пуç пулса тăракан империалистсен лагерĕ экономикăна милитаризацилет, васкаса хĕçпăшалсем хатĕрлет, çавна пула США-ра капитализмлă монополисен усламĕ, пĕчĕклетсе кăтартнă официальнăй даннăйсем тăрăх та, 1938-мĕшпе 1951-мĕш çул хушшинче 3,3 миллиард доллартан 42,9 миллиард доллара çитнĕ. урăхла каласан, 13 хут ÿснĕ. Çавăнпа капитализмлă çĕршывсенче ĕççыннисем чухăнланасси уйрăмах юлашки çулсенче вăйланчĕ.

Капитализмлă хуçалăхра ĕç тухăçлăхĕ вăйсăррăн тата вăхăчĕ-вăхăчĕпе çеç ÿсет, кризис пулнă çулсенче вара хытă чакать. Сăмахран, 1929-мĕшпе 1939-мĕш çулсенче США промышленноçĕнче ĕç тухăçлăхĕ пурĕ те пилĕк процент ÿснĕ, вăрçă хыççăнхи тапхăрта çултаlăкра пĕтĕмĕшпе те виçĕ процентран ытла мар ÿсет.

Социализмлă хуçалăхра килĕшме пултарайман хирĕçлĕхсем çук, унта халăх хуçалăхне план йĕркипе (пропорциллĕ) аталантарас закон вăй пулса тăрать. Çавăнпа хуçалăхăн социализмлă системи çеç производительнăй вăйсемпе пĕтĕм общество, пĕтĕм халăх интересĕсемшĕн тĕрĕс тата перекетлĕ усă курать.

Çĕршыв социализмран коммунизма куçнă, коммунизмăн материально-техникăллă никĕсне тунă тапхăрта ĕç тухăçлăхĕ ÿсни пĕлтерĕшĕ уйрăмах пысăк. Сталин юлташ кăларса тăратнă пысăк экономикăллă задачăна — капитализмла тĕп çĕршывсенчĕн иртсе каяс тата коммунизма куçма кирлĕ чухлĕ продуктсем ытлăн-çитлĕн туса кăларас задачăна пурнăçлассине хăвăртлатма ĕç тухăçлăхне пысăк утăмсемпе ÿстерни кирлĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче ĕç тухăçлăхне пилĕкçуллăхра промышленноçра 50 процента яхăн, строительствăра—55 процент, ялхуçалăхĕнче—40 процент ÿстерме палăртнă. Промышленность производстви пилĕкçуллăхра 70 процента яхăн ÿсет, çав ÿсĕмĕн пысăк пайĕ ĕç тухăçлăхĕ хăпарнипе пурнăçланать. Пилĕк çуллăх планра çав халăх хуçалăхĕнчи ответлă задачăна пурнăçламалли майсене те палăртнă: халăх хуçалăхĕн пур пайĕсенче те малта пыракан техникăпа усă курмалла, ĕçпе производствăна организацилессине лайăхлатмалла, ĕççыннисен культурăллă-техникăллă шайне малалла ÿстермелле. Çĕнĕ пилĕкçуллăхăн çак пысăк заданине пурнăçлас тесен, пуринчен малтан, производствăри резервсене тĕплĕн палăртмалла тата вĕсемпе лайăх усă курмалла, предприятисен оборудованине тухăçлăн ĕçлеттермелле.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче халăх хуçалăхĕ çĕнĕ техникăпа чылай хĕçпăшлланчĕ. Юлашки виçĕ çул хушшинче çеç çĕршыври машинăсем тăвакан промышленность 1.600 яхăн çĕнĕ йышши машинăсемпе механизмсем туса кăларма тытăннă. Вĕсемпе усă курни ĕç вăйне нумай перекетлет. Сăмахран, Уралмашзаводри инженерсен ушкăнĕ шухăшласа кăларнă утакан экскаватор 10 пине яхăн рабочи ĕçне тăвать. 1950 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, кашни рабочи вăтам шутпа 1,5 хут ытларах электричество вăйĕ пĕтерне. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле, 1940 çулхипе танлаштарсан, станоксен паркĕ, тухăçлăрах станоксем туса кăларнă май, икĕ хут ытла ÿснĕ. Çав çĕнĕ, техника тĕлĕшĕнчен малта тăракан станоксемпе тата машинăсемпе усă курни ĕç условийĕсене çăмăллатать тата ĕç тухăçлăхне чылай ÿстерме пулăшать.

Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче çапла каларĕ: «ССР Союзĕнче машинăсем çын ĕçне перекетлеççĕ кăна мар, çавăнпа пĕрлех вĕсем работниксен ĕçне çăмăллатаççĕ. çавна пула социализмлă хуçалăх условийĕсенче, капитализм условийĕсенчи пек мар, рабочисем ĕçре машинăсемпе пысăк хаваслăхпа усă кураççĕ. Совет рабочийĕ ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пыма тÿрремĕнех тăрăшать, мĕншĕн тесен вăл çапла тусан ССР Союзĕн экономикин вăй-хăвачĕ çирĕпленнине, ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланнине пĕлсе тăрать. Социализм чухне обществăллă ĕçĕн тухăçлăхĕ пысăк пулнин никĕсĕ государствăпа халăх интересĕсем пĕр пек пулнинче пулать».

Капитализмлă çĕршывсенче пачах урăхла. Унта машинăсемпе усă курни ĕççыннисене эксплуатацилессине вăйлатать, ĕçсĕрлĕхе, рабочисен чухăнлăхне ÿстерет.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра машинăсем тăвакан промышленноçа пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарма палăртнă. Машиностроени аталанни халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те техника тĕлĕшĕнчен малалла ÿсме кирлĕ услови пулса тăрать. Машиностроени продукцийĕпе металран туса кăларакан продукци производстви икĕ хута яхăн ÿсет. Уйрăмах йывăр промышленноçăн ертсе пыракан пайĕсем (металлурги, хими, нефть промышленноçĕ, энергетика) валли оборудовани туса кăларасси хăвăрт ÿсет.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçра тата строительствăра йывăр ĕçсене тĕпрен илсен, механизацилесе çитереççĕ. Промышленноçри рабочисем 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 2,6 хут нумайрах электроэнергипе усă курмалла. Çакă вăл ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерме услови туса парать.

Çĕр кăмрăк промышленноçне техникăпа хĕçпăшаллантарас тĕлĕшпе пысăк улшăнусем пулса иртеççĕ. Юлашки çулсенче çĕр кăмрăкне касса ваклас тата чугун çул вагонĕсем çине тиес ĕçе пĕтĕмĕшпех тенĕ пек механизациленĕ. Чи йывăр процессенчен пĕрне—çĕр кăмрăкне тиесе купалас ĕçе механизацилеме тытăннă. 1950 çулта çĕр кăмрăкне тиесе купалас ĕçе механизацилени, 1949 çулхипе танлаштарсан, 2,5 хут ÿснĕ. Комплекслă механизаци, урăхла каласан, производствăн тĕп процесĕсене кăна мар, пур процессене те механизацилессине пурнăçа кĕртме тытăннă. Ĕçе комплекслă механизациленĕ çĕр кăмрăк кăларакан, вăрман тата торф хатĕрлекен предприятисенче рабочисен ĕç тухăçлăхĕ çав отрасльсенчи ытти предприятисенчен 2—3 хут пысăкрах.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра çĕр кăмрăкĕ кăларас ĕçри йывăр процессене, пуринчен малтан лавăсенче çĕр кăмрăкне тиесе купалас, ĕç вырăнĕ чавса хатĕрлесе çĕрте çĕр кăмрăкне тата тăпрана тиес ĕçе малалла механизацилеççĕ. Лавăсене тĕкĕленĕ çĕрте ĕçе анлăн механизацилеççĕ.

Вăрман промышленноçĕнче пысăк улшăнусем пулса иртрĕç. Халăх хуçалăхĕн çак отраслĕ çĕнĕ техникăпа вăйлăн хĕçпăшалланнине пула тăваттăмĕш пилĕкçуллăхра, вăрçăччĕнхи шайпа танлаштарсан, механизмсемпе йывăç турттарса кăларни икĕ хут, çул хĕррине илсе тухни ултă хут ÿснĕ. Вăрçăччен чи йывăр ĕçе—вăрман касса хатĕрлессине—алă вăйĕпе тунă, тăваттăмĕш пилĕкçуллăх вĕçленес умĕн çак ĕçе 38 процент механизациленĕ. Анчах вăрман хатĕрлевĕнче ĕçе комплекслă механизацилесси хуллен аталанать. Ялански рабочисен кадрĕсем çитменнине пула техникăпа çителĕксĕр усă кураççĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра механизациленĕ предприятисем лартма, вĕсене ялански рабочисен кадрĕсемпе тивĕçтерме палăртнă. Çакна пурнăçлани вăрман хатĕрлевĕнчи сезонлăха чакарма пулăшĕ.

Строительство ĕçне, уйрăмах коммунизмăн аслă стройкисене тăвас ĕçе механизацилес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тунă. Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канала тунă çĕрте тĕп ĕçсене пурне те механизациленĕ пулнă.

Ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерес тесе, çĕнĕ пилĕк çуллăх планра строительствăри тĕп ĕçсене механизацилесе çитерес тата уйрăм процессене механизацилениччен мĕнпур ĕçе комплекслă механизацилесси патне куçас задача кăларса лартнă. Çавна май çĕнĕ пилĕк çуллăх планра экскаваторсен паркне 2,5 хута яхăн, скреперсемпе бульдозерсен паркне—3—4 хут, куçса çÿрекен кранcен паркне—4—5 хут ÿстерме палăртнă.

Комплекслă механизаципе автоматизацине анлăн сарасси производствăна электрификацилессине аталантарассипе таччăн çыхăнса тăрать. Çĕнĕ пилĕкçуллăх вăхăтĕнче производство процесĕсене электрификацилесси тата ытларах вăйланать, мĕншĕн тесен электростанцисен хăвачĕ, пĕтĕмĕшпе илсен, икĕ хута яхăн, гидростанцисен хăвачĕ—виçĕ хут ÿсет. Районнăй гидроэлектростанцисене автоматизацилессине пĕтĕмпех пурнăçласа çитереççĕ, энергетика системисенче телемеханизаципе усă курма тытăнаççĕ.

Управленипе контроль приборĕсем, автоматикăпа телемеханика хатĕрĕсем туса кăларасси 2,7 хута яхăн ÿсет.

Ĕç тухăçлăхне ÿстересси оборудованине туллин усă курнинчен, производство процесĕсене ытларах интенсификацилениннчен, технологие çĕнетсе лайăхлатса производство циклне чакарнинчен, производствăпа ĕçе тĕрĕс организацилениннчен килет. Рабочисен, инженерсемпе техниксен творчествăллă шухăшĕ вăл тĕлĕшпе ывăнма пĕлмесĕр ĕçлет. ССР Союзĕнче производство хăвачĕсемпе усă курасси пĕр вĕçĕмсĕр лайăхланса пырать.

Сăмахран, хура металлурги промышленноçĕнче 1952 çулхи сакăр уйăхра, 1940 çулхипе танлаштарсан, домна кăмакисен усăллă калăпăшĕпе усă курасси 35 процент, мартен кăмакисен тĕпĕн кашни тăваткал метрĕ пуçне хурçă шăратасси 42 процент ÿснĕ. 1951 çулта çеç шахтăсенчи çĕр кăмрăк комбайнĕсен тухăçлăхĕ 19 процент ÿснĕ. Вăрçă хыççăнхи çулсенче машинăсем тăвакан предприятисенче метала касассин хăвăртлăхĕ ик-виç хут ÿснĕ. Анчах хăвăрт ĕçлемелли мелсемпе пур çĕрте те анлă усă курмаççĕ-ха. Вĕсемпе анлă усă курни ĕç тухăçлăхне ÿстерме пулăшакан пысăк резервсене мобилизацилеме пулăшать.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра ĕçлекен оборудованипе усă курассине лайăхлатнине пула, 1955 çулта чугун шăратса кăларассин ÿсĕмĕн 30 процентне, çĕр кăмрăкĕ кăларассин ÿсĕмĕн 25 процентне, цемент туса кăларассин ÿсĕмĕн 30 процентне яхăн пурнăçламалла. Производство процесĕсене интенсификацилесси тата оборудовани тухăçлăхне ÿстересси производство циклне чакарнинчен тата производство процесĕ пĕр тикĕс пулса пынинчен нумай килет. Çавăнпа технологие çĕнетсе лайăхлатса пынипе пĕрлех çĕнĕ пилĕкçуллăхра производствăна организацилес ĕçри малта пыракан меслетсемпе (поток, график, цикл) анлă усă курмалла.

Ĕç тухăçлăхне ÿстересси ĕçе тĕрĕс организацилениннчен нумай килет. Сталин юлташ çапла вĕрентет: «...Рабочисем валли йĕркеллĕ ĕçлеме, ĕç тухăçлăхне ÿстерсе, продукци пахалăхне лайăхлатса пыма май паракан условисем туса памалла. Çапла вара предприятисенче ĕçе организацилени ĕç тухăçлăхне уйăхран-уйăха, кварталтан-квартала ÿстерсе пыма май патăр». (Сочиненисем, 13 том, 60 стр.).

Сталин юлташăн кăтартăвĕсене пурнăçласа пырса, промышленноçри работниксем производствăпа ĕçе организацилессине пĕр вĕçĕмсĕр лайăхлатса пыраççĕ. Ĕçе социализмлă организациленин çĕнĕ формисем: нумай станоксемпе, темиçе професси тăрăх ĕçлесси, комплекслă бригадăсем тăвасси, сменăри тата сехетри заданисем тăрăх ĕçлесси анлăрах та анлăрах сарăлса пыраççĕ. Малта пыракан пур предприятисенче те рабочисене иккĕмĕш тата виççĕмĕш профессие вĕрентесси анлă сарăлнă.

Анчах нумай предприятисемпе стройкăсенче ĕçе çителĕксĕр йĕркеленĕ, çавăнпа чылай ĕç вăхăчĕ усăсăр пĕтет. Рабочисем улшăнса тăни пур. Çакă производствăна пысăк сиен кÿрет. Опытлă-статистикăллă нормăсем нумай-ха. Çав нормăсем мĕнпур ĕç нормисенчен çурри ытла шутланаççĕ. Производство новаторĕсен малта пыракан опытне анлă сарса пыни, ăна пула ĕçе организацилессине лайăхлатни ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерес тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Ĕççыннисен материальнăй тата культурăллă шайне хăпартни обществăллă ĕçĕн тухăçлăхне ÿстерме нумай пулăшать. Сталин юлташ çапла кăтартса панă: рабочи класăн пурнăç условийĕсене тĕпрен лайăхлатни стахановла юхăмăн çăлкуçĕсенчен пĕри пулнă.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра халăх пурнăçĕн шайĕ малалла ÿсет. ССР Союзĕн наци тупăшĕ 60 процентран кая мар ÿсмелле, çавна май рабочисемпе служащисен тата хресченсен тупăшĕ тата ытларах ÿсмелле. Пилĕк çуллăх план тăрăх таварсене ваккăн сутмалли хаксем 35 процентран кая мар йÿнелмелле. Çавна май рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи ÿсет. Пилĕкçуллăхра, 1950 çулхипе танлаштарсан, государство рабочисемпе служащисене страховани тума 30 процента яхăн укça-тенкĕ нумайрах уйăрса парать. Колхозниксен укçан тата натурăпа илекен тупăшĕсене (укçа çине куçарса шутласа) 40 процентран кая мар ÿстерме палăртнă. Çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕ 70 процентран кая мар продукци нумайрах туса кăлармалла.

Капитализмлă çĕршывсенче ĕçсĕрлĕх ÿссе пырать пулсан, ССР Союзĕнче рабочисемпе служащисен хисепĕ пĕр вĕçĕмсĕр нумайланать. Тăваттăмĕш пилĕкçуллăхра, 1940 çулхипе танлаштарсан, ССР Союзĕн халăх хуçалăхĕнче рабочисемпе служащисен хисепĕ 7 миллион та 700 пин çын чухлĕ ÿснĕ. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра рабочисемпе служащисен хисепĕ 15 процент ÿсет. Çакă ĕç тухăçлăхне ÿстермелли çăлкуçсенчен пĕри пулать.

ССР Союзĕнче культура строительстви питĕ анлă сарăлнă. Пирĕн шкулсемпе аслă шкулсен хисепĕ пĕрмаях ÿсет, халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсем валли те кадрсем вĕрентсе хатĕрлесси сарăлнăçемĕн сарăлса пырать.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче ĕç резервĕсен системинче, бригадăсенче, курссенче тата производствăра ĕçлекен рабочисен квалификацийĕсене ÿстерсе вуншар миллион рабочи вĕрентсе хатĕрленĕ. Халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те малта пыракан техникăпа хĕçпăшаллантарни, ĕçе комплекслă механизацилени, производствăна автоматизацилени рабочи класăн культурăллă-техникăллă шайне тата çÿлерех пусăма çĕклеме хушаççĕ. Хăста механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлесси, новаторсен опытне сарса, ĕçлекен рабочисен квалификацине ывăнма пĕлмесĕр ÿстерсе пырасси çĕнĕ пилĕкçуллăхра пысăк вырăн йышăнса тăмалла.

Парти съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче пилĕкçуллăх вĕçĕнче республикăсен столицисенче, крайсемпе облаçсен центрĕсенче тата пысăк промышленноçлă хуласенче çичĕ çул вĕренес ĕçрен пурне те вăтам пĕлÿ памалла (вунă çул вĕрентмелле) тăвас ĕçе куçма палăртнă. Çитес пилĕкçуллăхра ытти хуласенче тата яллă вырăнсенче пур çĕрте те вăтам пĕлÿ памалла тума (вунă çул вĕрентме) кирлĕ условисем хатĕрлемелле. Çак задачăна пурнăçлани вăй-хал ĕçĕпе ăс-тăн ĕçĕ хушшинчи пысăк уйрăмлăха пĕтерес ĕçре, рабочи класăн культурăллă-техникăллă шайне инженерсемпе техниксен шайне çитиччен ÿстерес ĕçре пысăк утăм туни пулĕ. Çакă вара ĕç тухăçлăхне ÿстермелли иксĕлми çăлкуç пулĕ.

Наукăпа производство хушшинчи çыхăнăва тĕреклетни, государство ĕç резервĕсенче çамрăк ăста рабочисем вĕрентсе хатĕрлессине, предприятисенче рабочисене харпăр хăй тĕллĕн тата бригадăсенче, курссемпе шкулсенче вĕрентсе хатĕрлессине лайăхлатса пыни—ĕç тухăçлăхне ÿстермелли паха та пысăк услови пулать.

Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли чи хăватлă çăлкуççенчен пĕри вăл—пĕтĕм халăхăн социализмлă ăмăртăвĕ. Социализмлă ăмăртура ĕççыннисен творчествăллă активлăхĕ, вĕсен ăнланулăхĕ ÿсни, ĕçри социализмлă дисциплина çирĕпленни палăрса тăрать.

Совет çыннисем çĕнĕ пилĕкçуллăхăн чаплăран та чаплă задачисене пурнăçа кĕртессишĕн пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. ССР Союзĕнчи халăхсем Коммунистсен партийĕ, аслă çулпуç Сталин юлташ кăларса лартнă задачăсене чыслă пурнăçлĕç, коммунизм строительствинче çĕнĕ çитĕнÿсем тăвĕç.

Н. МАСЛОВА.




Çак таблицăран акă мĕн курăнать: промышленность производствин пысăкăшĕ ССР Союзĕнче 1951 çулта, 1929 çулхипе танлаштарсан, 1,266 процент пулнă, урăхла каласан, çав тапхăр хушшинче 13 хута яхăн ÿснĕ, совет промышленноçĕ вăрçă хыççăнхи тапхăрта, вăрçăччĕнхи пекех, мирлĕ производствăна аталантарнă никĕс çинче пĕрмаях малалла ÿссе пырать.

Асăннă таблицăран тата çакă та курăнать: Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсенче промышленность производстви 1929 çултан пуçласа 1939 çулччен пĕр вырăнта чарăнса тăнă; кайран вăл тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче çар хатĕрĕсен производствине питех те нумай пысăклатнине пула кăна ÿснĕ, унтан каллех чылай чакнă, вара Корея халăхне хирĕç вăрçă пуçланине тата çар хатĕрĕсем нумай хатĕрлеме тытăннине пула кăна çĕнĕрен çĕкленнĕ, çавна май вăл 1951 çулта, 1929 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ÿснĕ.

Англин промышленность продукцийĕ çак тапхăрта 60 процент çеç ÿснĕ. Хĕвеланăç Европăри ытти капитализмлă çĕршывсенче чылайăшĕнче промышленность халĕ те 1929 çулхи виçерех тăрать-ха.

## Экономика аталанăвĕн икĕ итогĕ




Çак диаграммăра Европăри халăх демократиллĕ ултă çĕршывра тата капитализмлă ултă çĕршывра промышленность производствин пысăкăшĕ мĕнле улшăнса пынине кăтартса панă.

Диаграммăран акă мĕн курăнать: Европăри халăх демократиллĕ çĕршывсенче, Совет Союзĕ тăванла пулăшнипе социализм тăвакан çĕршывсенче, 1952 çул иртнĕ тĕле, вăрçă умĕнхипе танлаштарсан, промышленность производстви виçĕ хута яхăн пысăкрах пулнă. Хĕвеланăç Европăри капитализмлă çĕршывсенче юлашки 15 çул хушшинче промышленность производстви 31 процент çеç ÿснĕ; çав çĕршывсене Америка «пулăшăвĕ» пăвса тăрать.

1952 çулта халăх демократиллĕ çĕршывсенче промышленность производстви 20 процент ÿснĕ пулсан, Хĕвеланăç Европăри капитализмлă çĕршывсенче 0,8 процент çеç ÿснĕ.

Çапла ĕнтĕ цифрăсем халăх демократиллĕ çĕршывсенче экономика пĕрмаях ÿссе пынине кăтартса параççĕ. Халăх демократиллĕ çĕршывсенче экономикăна обществăшăн мĕн кирлине ытларах, нумайрах туса парас тĕллевпе аталантарса пыраççĕ. Кунпа пĕрлех цифрăсем капитализмлă çĕршывсен экономики пĕр вырăнта тăнине кăтартса параççĕ. Унта, капитализмлă çĕршывсенче, экономикăна, халăхăн пысăкрах пайĕн интересĕсене асра тытса мар, капиталистсем валли чи пысăк услам илес тĕллевпе аталантарса пыраççĕ.

Капитализмлă çĕршывсенче тата демократиллĕ лагерьти çĕршывсенче производство мĕнле аталанса пынине палăртакан цифрăсем пурте çакна кăтартса параççĕ: капитализмлă çĕршывсенчи промышленность производстви ССР Союзĕнчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи промышленность аталанăвĕнчен чылай юлса пырать.

Çак диаграммăра кăтартнă халăх демократиллĕ çĕршывсенчи пекех Демократиллĕ Германи Республикинче тата Китай Халăх Республикинче экономика хăвăрт аталанса пырать.

Демократиллĕ Германи Республики хăйĕн хуçалăхне аталантарас ĕçре пысăк çитĕнÿсем тунă. Республикăри промышленность производстви 1952 çул тĕлне вăрçăччĕнхи шайран 36 процент иртсе кайнă. Ялхуçалăхĕ акмалли çĕр лаптăкĕн хисепĕ енĕпе те, тырпул тухăçлăхĕ енĕпе те вăрçăччĕнхи шайран иртнĕ.

Китай Халăх Республикинчи промышленность продукцийĕн пысăкăшĕ 1951 çулта, 1949 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытла ÿснĕ, чугун çулсене юсаса çитернĕ, пысăк хăвăртлăхсемпе çĕнĕ чугун çулсем тăваççĕ. 1951 çулта туса илнĕ тĕштырă хисепĕ, 1949 çулхипе танлаштарсан, 128 процент, çĕр мамăкĕ—252 процент пулнă.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче те 1949 çулта, 1946 çулхипе танлаштарсан, промышленность продукцийĕн пысăкăшĕ 4 хут ÿснĕ. Ялхуçалăхĕ те вăйланнă пулнă. Анчах Америкăпа Англи интервенчĕсем тапăнни, вĕсене хирĕç мĕнпур вăй-хăватпа çапăçмалла пулни паттăр Корея халăхне хăйĕн хуçалăхне юсаса пыма чăрмантарать.

# Пĕтĕм халăх вĕренет

ШАНХАЙ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Китайра миллионшар рабочисемпе хресченсем пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан, политикăллă тата технически шкулсенче вĕренме тытăнаççĕ. Çĕршывра хресченсен хĕллехи вĕренĕвне хатĕрленес тĕлĕшпе пысăк ĕç туса ирттернĕ. «Цзефанжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, кăçал хĕлле Хĕвелтухăç Китайри хресченсем, хут пĕлменлĕхе пĕтернипе пĕрлех, хăйсен политикăллă тата культурăллă шайне ӳстерес кĕлĕшпе те вĕренме тытăнаççĕ. Хĕллехи шкулсенче хресченсем Китайри Коммунистсен партийĕн политикине, çавăн пекех шалти тата пĕтĕм тĕнчери пурнăçăн паллă ыйтăвĕсене вĕренеççĕ.

Пĕтĕм халăх вĕренĕвĕ чăннипех те анлă сарăлнă. Хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Шаньдун провинцийĕнче хĕллехи вĕренĕве 6 миллион ытла хресчен, Фуцзянь провинцийĕнче—900 пин хресчен, Кăнтăр Цзянсу провинцийĕнче мĕнпур — халăхран 10 проценчĕ ытла хутшăнаççĕ.

# Демократиллĕ Корея Халăх Республики ялхуçалăхĕнче тунă çитĕнӳсем

ПХЕНЬЯН, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Пхеньянра Пĕтĕм Корейăри хресченсен — ĕçре малта пыракансен съезчĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ. Съезд ĕçне Корея халăхĕн çулпуçĕ Ким Ир Сен, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Верховнăй Халăх Пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Ким Дӳ Бон, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин министрсен кабинечĕн председателĕн заместителĕсем Пак Хен Ен, Хе Гай, Тен Ир Ен, Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем Пак Ден Ай, Пак Чан Ок тата партипе правительствăн ытти руководителĕсем хутшăннă.

1952 çулхи итогсем çинчен тата 1953 çулта ялхуçалăх ĕçĕсене хатĕрленесси çинчен Демократиллĕ Корея Халăх Республикин çĕрĕçĕпе вăрман лартса ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен министр Пак Мун Гю пысăк доклад туса панă. Докладчик Корейăри хресченсем тунă пысăк çитĕнӳсене палăртнă. Хресченсем иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче, Американ сывлăшри вăрă-хурахĕсем ялсемпе уй-хирсем çине татти-сыпписĕр бомбăсем пăрахнине пăхмасăр, пысăк тухăçлă тырпул пухса кĕртнĕ. Тĕштырă туса илесси, тенĕ Пак Мун Гю, 1952 çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, 113 процент пулнă. Урăхла каласан, иртнĕ çулта 1951 çулхинчен 340 пин тонна ытларах, чи вăйлă тырпул пулнă 1947 çулхинчен 130 пин тонна ытларах тĕштырă пухса кĕртнĕ. Докладчик çакна палăртнă: хресченсенчен нумайăшĕ чи лайăх тырра государствăна срокчен парса татнă. Патриотизмăн пысăк туйăмĕсемпе хавхаланса, хресченсем хăйсен ытлашши тыррине фронта пулăшса тăмалли фонд аллине панă. Хресченсем çакăн пек çитĕнӳсене, тенĕ докладчик, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин правительстви, Корейăри Ĕçлĕх партийĕ республикăри хресченсен пурнăçĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнине пула, çавăн пекех Совет Союзĕнче рис акса тăвакансен опытне вĕреннине пула, Корейăри хресченсем агротехникăн малта пыракан меслечĕсене вĕреннине пула тума пултарнă. Пĕр-пĕрне пулăшассишĕн пыракан юхăм тата çар служащийĕсен çемйисене ялхуçалăх ĕçĕнче пулăшни пысăк вырăн йышăннă.

Съездра тухса каланă хресченсем хăйсем мĕнле майпа пысăк тухăçлă тырпул пухса кĕртни çинчен каласа кăтартнă, çĕнĕ ялхуçалăх çулĕнче иртнĕ çулхинчен ытларах рис пухса кĕртме сăмах панă. Хресченсем тухса каланă мĕнпур сăмахсенче вĕсем хăйсен ĕçĕпе фронта пулăшма республика хуçалăхне тĕреклетме хытă тăрăшни курăннă.

Съезд Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи мĕнпур хресченсене чĕнсе каланине йышăннă. Унта пысăк тухăçлă тырпул туса илессишĕн çине тăрса кĕрешме чĕннĕ. Пысăк тухăçлă тырпул туса илни Америка интервенчĕсене тата Ли Сын Манăн сутăнчăкла шайкине çĕнтернĕ çĕрте пысăк ĕç туни пулĕ, тесе палăртнă чĕнсе каланинче.

Съезд участникĕсем чун-чĕререн хавхаланса Корея халăхĕн чи лайăх тусĕ Сталин Генералиссимус патне, Ким Ир Сен генералпа Мао Цзе-дун председатель патне саламлă çырусем яма йышăннă.

# Корейăри литературăпа искусство

ПХЕНЬЯН, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри литературăпа искусство работникĕсен ассоциацийĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи писательсем артистсем, художниксем 1952 çулта тунă ĕçсен итогĕсене пăхса тухнă. Иртнĕ çулта Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи искусствăпа литература работникĕсем хăйсен ĕçĕнче чылай çитĕнӳсем тунă. Вăрçăн йывăр çулĕсене, Америка авиацийĕ вĕçĕмсĕр бомбăсем пăрахнине пăхмасăр, Корейăри писательсем, артистсем, композиторсем, художниксемпе скульпторсем питĕ чаплă произведенисем нумай панă. Вăл произведенисем Корея халăхĕн Америка интервенчĕсене хирĕç, вĕсем майлă тăракан Ли Сын Ман çыннисене хирĕç пыракан паттăр кĕрешĕве сăнласа пăраççĕ.

Иртнĕ çулта Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи писательсемпе поэтсем литература произведенийĕсем 1.300 ытла çырнă. Корея поэчĕсен произведенийĕсенче мир теми тĕп вырăн йышăнса тăрать.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи художниксемпе скульпторсем 1.800 ытла произведени хатĕрленĕ. Композиторсем 400 яхăн юрă çырнă. Республикăри театрсемпе художествăллă пултарулăх коллективĕсем Корея драматургĕсем 1952 çулта çырнă пьесăсене 60 ытла лартса панă. Корейăн нумаях пулмасть аталанма пуçланă кинематографийĕ те иртнĕ çулта чылай çитĕнӳсем тунă.

# Чехословакире ялхуçалăх наукисен академийĕ уçнă

ПРАГА, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Прага хулинче Чехословакири ялхуçалăх наукисен академийĕн учредительнăй ларăвĕ пулса иртнĕ.

Ялхуçалăх наукисен академине уçнă ятпа премьер-министр заместителĕ Зденек Фирлингер тухса каланă. Вăл çĕршывра ялхуçалăх енĕпе ĕçлекен научнăй учреждени уçни пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

Чехословакири ялхуçалăх наукисен академийĕн президенчĕ пулма Государство премийĕн лауреатне Антонин Клечкана суйланă.

### СОФИЯ ХУЛИНЧИ КОЛАРОВ ЯЧĔПЕ ТĂРАКАН БИБЛИОТЕКА

СОФИЯ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). София хулинчи Коларов ячĕпе тăракан публичнăй библиотека Болгари халăхĕн мухтавĕ пулса тăрать. София хулин варринче библиотека валли туса лартнă çичĕ хутлă çурт — столицăри чи илемлĕ çуртсенчен пĕри.

Халăх влаçĕ культурăн пуянлăхĕсене усрамалли çурт валли нумай укçа-тенкĕ уйăрса парать. Библиотека çулсерен çĕнĕ кĕнекесемпе пуянланать. Хальхи вăхăтра библиотека хăйĕн чаплăлăхĕпе тата кĕнеке фончĕн пуянлăхĕпе Балкан çурутравĕ çинчи библиотекăсенчен чи пысăк библиотека пулса тăрать.

1944 çулхи сентябрĕн 9-мĕшĕччен библиотекăра совет литератури пулман. Фашистла влаçсем совет литературине вулама чарнă. Халĕ библиотекăри кĕнеке фончĕ вырăс классикĕсен, совет авторĕсен, марксизм-ленинизм классикĕсен пиншер произведенийĕсемпе пуянланнă. Совет литературине юратаççĕ, нумай илсе вулаççĕ.

# Вьетнам халăх çарĕн çĕнтерĕвĕсем

ПАРИЖ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви пĕлтернинчен çакă паллă: Вьетнам Халăх çарĕн чаçĕсем Тай-Биньрен (Хĕрлĕ Шыв дельтин кăнтăр пайĕнче) çурçĕр-хĕвелтухăçнерехре çĕрле çапăçнă хыççăн французсен постне тытса илнĕ.

### ОРАНРИ ДОКЕРСЕМ ПАТРИОТЛА ĔÇ ТУНĂ

ПАРИЖ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 9-мĕшĕнче Оранри докерсем пĕр кăмăллă пулса Англин «Элм Хилл» ятлă транспорт судни çине грузсем тиеме килĕшмен. Суднăн Индо-Китая каймалла пулнă.

### ФРАНЦИРИ ПОЛИЦИ ИРТĔНЕТ

ПАРИЖ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ хаçатсем Парижри полици ирсĕр ĕç туни çинчен пĕлтереççĕ. Полици Францин Венăран таврăнакан 175 делегачĕн багажĕсен пĕр пайне тытса чарнă. Делегатсем халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресĕн ĕçне хутшăннă пулнă. Тытса чарнă багаж хушшинче Корейăпа Китайра бактериллĕ вăрçă туса пынине тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçленĕ пĕтĕм тĕнчери ученăйсен комиссийĕн доклачĕн экземплярĕсем пур.

Францири нациллĕ мир совечĕн председателĕ Ив Фарж шалти ĕçсен министрĕ патне çыру янă. Вăл çырусене «Юманите» тата «Либерасьон» хаçатсенче пичетлесе кăларнă. Вăл çырусенче Ив Фарж çакăн пек мерăсем йышăнни закона́сăр пулнине кăтартса парать, тытса чарнă багажа пĕр тăхтаса тăмасăр унăн хуçисене таврăса пама требовани лартать.

### ИТАЛИРИ СОЦИАЛИСТСЕН ПАРТИЙĔН СЪЕЗЧĔ ХУПĂННĂ

РИМ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Милан хулинче Италири социалистсен партийĕн наци съезчĕ хупăннă.

Юлашки ларура пĕтĕм тĕнчери тата шалти политика ыйтăвĕсем тăрăх пĕр кăмăллă пулса резолюци йышăннă.

### ЧЕХОСЛОВАКИРЕ ШПИОНСЕМПЕ САТĂРÇĂСЕН УШКĂННЕ СУД ТУНĂ

ПРАГА, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Январĕн 7—9-мĕшĕсенче Карлово хулинчи область судĕнче государство преступникĕсен ушкăнне суд тунă. Вăл преступниксем Американ террорла центрĕсем кăтартса пынă тăрăх Чехословаки территорийĕнче сутăнчăкла ĕçсем тунă. Вĕсем Чехословакин халăх хуçалăхĕ çинчен, çар çинчен, наци хăрушсăрлăхĕн органĕсем çинчен тата транспорт çинчен шпионла сведенисем пухнă, сутăнчăксене чикĕ леш енне тарма пулăшнă.

Çакă банда тунă преступленисенчен пĕри 1951 çулхи сентябрĕн 11-мĕшĕнче Прага—Аш хушшинче çӳрекен поезда Зельба (ку пункт Америка çарĕсем оккупацилесе тăракан Германи зонинче) илсе кайни пулать.

Айăпланакансем государствăна хирĕçле преступленисене халăх демократи стройне кураймасăр тунă.

Айăпланакансем хăйсем тунă преступленисемшĕн айăплă пулнине йышăннă. Вĕсем тĕлĕшпе çакăн пек приговор йышăннă: Ф. Шилгарта вĕлермелле тунă, Р. Прухана — ĕмĕрлĕхех тĕрмене хупмалла, Я. Фолльпрехта — 20 çуллăха, Я. Мазанеца — 15 çуллăха, И. Новака — 18 çуллăха, В. Ружичкана — 24 çуллăха, И. Дедича — 16 çуллăха, Й. Сршене — 22 çуллăха, Й. Чуткана— 20 çуллăха тата И. Желенана — 5 çуллăха тĕрмене хупмалла тунă. Айăпланă çынсен пурлăхне конфискацилеççĕ.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИРЕ ПАТРИОТСЕНЕ ХĔСĔРЛЕÇÇĔ

БЕРЛИН, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви Брауншвейгран çапла пĕлтерет: Брауншвейгри суд 23 çулхи хĕрарăма, Германири Коммунистсен партийĕн Зальцгиттер округĕнчи организацийĕн секретариачĕн членне Лотта Маннеле, вăл Хĕвеланăç Германие милитаризацилессине хирĕç тухса каланăшăн, 10 уйăхлăха тĕрмене хупмалла тунă.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем мĕнпур фронтсенче Америкăпа Англи интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç малтанхи вырăнсенчех артиллерирен персе тăнă. Фронтсенче паллă улшăнусемех пулман.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн пĕр самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиенленĕ.

## Халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе Вена хулинче пулса иртнĕ Конгресĕн ĕçне хутшăннă Бельги делегачĕсем тунă отчет

БРЮССЕЛЬ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Брюссель хулинче миршĕн тăракансен нумай çынлă пухăвĕ пулса иртнĕ. Унта халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пулса иртнĕ Конгресĕн ĕçĕсем çинчен çав Конгресс делегачĕсем отчетсем туса панă.

Конгресс делегачĕсем пĕр кăмăллă пулса Конгресс ĕçĕн результачĕсене ырланине палăртнă.

Пухура Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн членĕ, Бельги парламенчĕн депутачĕ Изабелла Блюм пысăк сăмах тухса каланă. Вăл сăмах каланă вăхăтра пухăва пынисем темиçе хутчен те тăвăллăн алă çупнă. Изабелла Блюм Венăри Конгресс мире тĕреклетес ĕçре тата вăрçă чĕртекенсен преступникла шухăшĕсене тăрă шыв çине кăларас ĕçре питĕ пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен ĕненмелле каласа панă. Блюм миршĕн пыракан кĕрешӳре Совет Союзĕ питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă, реакциллĕ хаçатсем, уйрăммăн илсен, Бельгири буржуалла хаçатсем, халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресĕ çинчен, ССР çинчен тата миршĕн тăракан мĕнпур çынсем çинчен суя та элеклĕ сăмах калани тăрă шыв çине кăларнă.

Юлашкинчен Блюм çакна палăртнă: Венăри Конгресс миршĕн, ирĕклĕхпе демократишĕн кĕрешекен мĕнпур çынсемшĕн пысăк шкул пулса тăрать. Блюм миршĕн пыракан кĕрешĕве вăйлатма чĕнсе каланă.

## *Бразили халăхĕ США-па тунă çар килĕшĕвне çирĕплетессине хирĕç кĕрешет*

МОНТЕВИДЕО, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Рио-де-Жанейро тата Сан-Пауло хулисенче январĕн 1-мĕшĕпе 15-мĕшĕ хушшинче США-па тунă çар килĕшĕвне хирĕç кĕрешмелли кампани ирттересси çинчен пĕлтернĕччĕ ĕнтĕ. Çав çар килĕшĕвне 1952 çулхи март уйăхĕнче тунă, ăна халĕ çирĕплетмен-ха.

Прогрессивлă общественность тата çĕршыври патриотла мĕнпур вăйсем наци тата конституцие хирĕç пыракан килĕшĕве татăклăн сивлеççĕ. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, демократиллĕ организацисем хăйсен активлăхне вăйлатнă. Вĕсем Бразили Конгресĕн килĕшĕве çирĕплетмелле мар тесе требовани лартаççĕ. Демократиллĕ организацисем митингсем, пухусем, конференцисемпе демонстрацисем ирттереççĕ, килĕшĕве хирĕç тата çĕршыва Америка империализмĕ пусмăрлăха кĕртсе ӳкерессине хирĕç кĕрешме чĕнекен кĕнекесемпе листовкăсем салатаççĕ.

Бразилири обществăллă паллă деятельсем тата çар представителĕсем чĕнсе калани çине алă пуснă. Унта бразилецсене çар килĕшĕвне хирĕç пыракан патриотла кĕрешĕве пулăшма тата çак килĕшĕве çирĕплетессине хирĕç январĕн 15-мĕшĕнче ирттерекен демонстрацие хутшăнма чĕнсе каланă.

Рио-де-Жанейро хулинчи миршĕн тăракансен кĕрешĕвне ертсе пыракансем те столицăра пурăнакансене çавăн пек чĕнсе каланă. Çар килĕшĕвне çирĕплетессине хирĕç протестлесе штатри нумай хуласенче, вăл шутра Санто Андре, Кампинас, Жундиаи, Марилия, Сантос тата ытти хуласенче те пухусемпе конференцисем ирттереççĕ.

«Импренса популар» хаçат Бразили çарĕн генералĕсемпе офицерĕсем, политикăллă тата культурăллă паллă деятельсем, профсоюзсен тата студентсен юхăмĕн руководителĕсем каланă сăмахсене пичетлет. Çак çынсем çар килĕшĕвне сивлеççĕ, вĕсем çакна кăтартса пареççĕ: çар килĕшĕвне Бразилие вăрçа кĕртсе ӳкерес тата ăна Америка империализмĕ тата хытăрах пусмăрлатăр тесе тăваççĕ.

«Эмансипасао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, республикăн президенчĕ пулнă Артур Бернардес çар килĕшĕвĕ çĕршывшăн «сиенлĕ те кӳрентерекен» килĕшӳ пулса тăрать, тесе каланă.

## США-па франкистла Испани хушшинчи кавар çинчен

ЛОНДОН, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). «Обсервер» хаçатăн спецкорĕ çапла çырать:

«Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе Испани хушшинчи договорăн условийĕсем çав договор çине алă пуснă хыççăн кăна паллă пулаççĕ. Апла пулин те вăрттăн тунă статьясем пулма пултараççĕ. Пакт малтан шутланинчен туллирех те анлăраххине кăтартса паракан сведенисем çителĕклĕ таран пухăннă. Паллă ĕнтĕ: американецсем малашне хăйсем аллинче Леон, Мадрид тата Севилья районĕсенче 3 пысăк сывлăш-çар бази тытса тăрĕç, çавăн пекех Испанин Картахенри, Кадисри, Балеар тата Канар утравĕсем çинчи аэродромсемпе тата тинĕс-çар базисемпе усă курма ирĕк илĕç. Унсăр пуçне США суднисем Испанин Вăтаçĕр тинĕсĕнчи тата Атлантика океанĕнчи ытти портсенче чарăнса тăма пултараççĕ». Франко, экономика пулăшăвĕ илнисĕр пуçне, Испани çарне хĕçпăшаллантарма тата çĕнетме требовани лартать.

«Обсервер» хаçатăн Вашингтонри корреспонденчĕ çапла çырать: экстерриториальность çинчен (американецсем вырăнти судсене пăхăнманни.— Ред.) тата çавăн евĕрлĕ килĕшӳсене «питĕ çăмăллăн тунă».

## Америка карапĕсем Испание пынă

ПАРИЖ, январĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). «Фигаро» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Американ Вăтаçĕр тинĕсĕнче тăракан 6-мĕш флочĕн составĕнчи 37 çар карапĕ ĕнер Испани порчĕсене пынă.

### ТРАНСИОРДАНИРИ ХАЛĂХ АНГЛИ КОЛОНИЗАТОРĔСЕНЕ КУРАЙМАСТЬ

БЕЙРУТ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Ливанри «Телеграф» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Трансиорданире демонстрацисем пулса иртнĕ. Демонстрантсем Дамасскран Англи парламенчĕн делегацийĕ Трансиордание пынине хирĕç протестлеççĕ.

## Японин сывлăш-çар флотне тепĕр хут тăваççĕ

ТОКИО, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Японири радио пĕлтернĕ тăрăх, Сидзуока префектуринчи Хаммамацу хулинче Японин вăрçă хыççăнхи пĕрремĕш авиаци шкулне уçнă.

Шкулта Американ авиаци инструкторĕсем ертсе пынипе Японин 60 çар служащийĕ вĕçев ĕçне вĕренеççĕ. Авиаци шкулĕнче вĕренекен 60 çынтан пурте Японин сывлăш-çар флочĕн офицерĕсем пулнă.

### ШВЕЦИРИ ХАÇАТСЕМ ШВЕЦИПЕ СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОНЬКИПЕ ЧУПАКАНСЕН АМĂРТĂВĔ ÇИНЧЕН

СТОКГОЛЬМ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Паян хаçатсем Совет Союзĕпе Швеци спортсменĕсен — конькипе чупакансен—Мускавра пулса иртекен ăмăртăвĕн иккĕмĕш кунĕ çинчен тĕплĕн çырса кăтартаççĕ.

Ăмăрту итогĕсене хакласа, конькипе чупакансен Швецири союзĕн председателĕ Лофтман «Свенска дагбладет» хаçатра çапла çырать: Швеци командин поражениĕ малтан кĕтнинчен те вăйлăрах пулчĕ. Çапах та, паллă тунă Лафтман, эпĕ Швецири конькипе чупакансен результачĕпе кăмăллă пултăм. Ман шутпа, вĕсем конькипе чупакансен спорчĕ енĕпе тĕнчери нацисенчен чи вăйлăраххипе тĕл пулчĕç, Швецири конькипе чупакан спортсменсем лайăх ăмăртрĕç.

«Дагенс нюхэтер» хаçатри статьяра Лафтман çапла çырать: конькипе чупакансен спорчĕ енĕпе Совет Союзĕ ытти мĕнпур çĕршывсенчен, вăл шутра Норвегирен те, малта тăрать.

Швеци спортсменĕ — конькипе чупакан Сигге Эриксон Швецири телеграф бюровне çапла пĕлтернĕ: «Эпир вырăссен вăйне ĕнентĕмĕр... Совет Союзĕн конькипе чупакан спортсменĕсем Швецин конькипе чупакан спортсменĕсенчен вăйлăрах».

*ХРОНИКА*

# Сăтăрçă-врачсен ушкăнне арестлени

Нумай пулмасть государство хăрушсăрлăхĕн органĕсем врачсен террористла ушкăнне тупса тытнă, вĕсем, эмеллессипе сăтăрла туса пырса, Совет Союзĕн активлă деятелĕсен пурнăçне кĕскетме тĕллев тытнă.

Çав террористла ушкăн участникĕсен хисепĕнче çаксем пулнă: профессор **М. С. Вовси**, врач-терапевт; профессор **В. Н. Виноградов**, врач-терапевт; профессор **М. Б. Коган**, врач-терапевт; профессор **Б. Б. Коган**, врач-терапевт; профессор **П. И. Егоров**, врач-терапевт; профессор **А. И. Фельдман**, врач-отоляринголог; профессор **Я. Г. Этингер**, врач-терапевт; профессор **А. М. Гринштейн**, врач-невропатолог; **Г. И. Майоров**, врач-терапевт.

Документсем тăрăх, медицина эксперчĕсем тĕпчесе пăхнисем тата вĕсен заключенийĕсем тăрăх, çавăн пекех арестленисем хăйсем йышăннă тăрăх çакна палăртнă: çав преступниксем, халăхăн вăрттăн тăшманĕсем пулса, чирлĕ çынсене сыватассине сăтăрла туса пынă, вĕсен сывлăхне хавшатнă.

Следстви палăртнă тăрăх, террористла ушкăн участникĕсем, хăйсем врачсем пулнипе тата чирлĕ çынсем вĕсене шанса тăнипе усал шухăшпа усă курса, чирлĕ çынсен сывлăхне юриех сăтăрла хавшатса пынă, чирлĕ çынсен сывлăхне объективлă тĕрĕслесе пăхни мĕн кăтартнине юриех йышăнман, çынсем мĕнпе чирленине тĕрĕс мар палăртнă, вĕсен чирĕ чăннипе мĕнле пулнине юриех палăртмасăр хăварнă, унтан вара, тĕрĕс мар эмеллесе, вĕсене вĕлернĕ.

Преступниксем çакна йышăннă: вĕсем, А. А. Жданов юлташ чирленипе усă курса, унăн чирне юриех тĕрĕс мар палăртнă, унăн миокард инфарктчĕ пулнине пытарнă, çавăн пек йывăр чирленĕ чухне сиенлĕ режим сĕннĕ, çапла вара А. А. Жданов юлташа вĕлернĕ. Тата следстви çакна палăртнă: преступниксем А. С. Щербаков юлташăн пурнăçне кĕскетнĕ, ăна сыватнă чухне хăватлă эмелсем парса, сиенлĕ режим туса, унăн сывлăхне юри хавшатнă, çапла вара ăна вĕлернĕ.

Преступник-врачсем чи малтан Совет Çарĕн ертсе пыракан кадрĕсен сывлăхне пĕтерме, вĕсене стройран кăларса, çĕршыв оборонине вăйсăрлатма тăрăшнă. Вĕсем А. М. Василевский маршала, Л. А. Говоров маршала, И. С. Конев маршала, арми генералне С. М. Штеменкăна, Г. И. Левченко адмирала тата ыттисене те стройран кăларма тăрăшнă. Анчах арестлени вĕсен ирсĕр плансене аркатнă, преступниксем хăйсен тĕллевне пурнăçлайман.

Çакна палăртнă: çав врачсем-çынвĕлеренсем пурте, этемлĕхĕн усал тăшманĕсем, наукăн таса ялавне ура айне тунăскерсем, наука деятелĕсен чысне вараланăскерсем, ют çĕршыв разведкине тара кĕрĕшнĕ агентсем пулнă.

Террористла ушкăн участникĕсем нумайăшĕ (М. С. Вовси, Б. Б. Коган, А. И. Фельдман, А. М. Гринштейн, Я. Г. Этингер т. ыт. те) еврейсен пĕтĕм тĕнчери буржуалла-националистла «Джойнт» текен организацийĕпе çыхăнса тăнă, çав организацие Америка разведки, ытти çĕршывсенчи еврейсене материальнăй пулăшу пама тесе, туса хунă. Чăннипе вара çав организаци, Америка разведки ертсе пынипе, чылай çĕршывсенче, çав шутра Совет Союзĕнче те, шпионла, террористла тата ытти сăтăрла ĕçсем анлăн туса пырать. Арестленĕ Вовси следствие: эпĕ Мускаври врач Шимелиович тата еврейсен паллă буржуалла националисчĕ Михоэлс урлă США-ран «Джойнт» организацирен «ССР Союзĕнчи ертсе пыракан кадрсене вĕлерсе пĕтерме» директива илтĕм, тесе пĕлтернĕ.

Террористла ушкăнăн ытти участникĕсем (В. Н. Виноградов, М. Б. Коган, П. И. Егоров) Англи разведкин тахçанхи агенчĕсем пулнă.

Следствие çывăх вăхăтрах туса пĕтереççĕ. (ТАСС).

## Пĕлтерни

Январĕн 16-мĕшĕнче, 20 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне пĕрремĕш тата иккĕмĕш çул вĕренмелли кружок руководителĕсен семинарĕ пулать. Семинарта вĕренмелли тема: «Партин XIX-мĕш съездне ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен туса панă отчет.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

* * *

Еççынни, депутачĕсен Шупашкар хула Советне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен хулари суйлав комисси адресĕ çакăн пек:

Карл Маркс урамĕ, 3-мĕш номерлĕ çурт (Чăвашпотребсоюз çурчĕ), 18-мĕш пӳлĕм. Телефон № 3-87.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



*Пĕчĕк фельетон*

# В. Урдаш „гастролĕсем“

Кăçалхи январĕн 3-мĕшĕнче Вăрмар район центрне Валентин Урдашпа унăн тусĕ—районти Чупай ял çынни, ниçта та ĕçре тăман Николай Ефремов çитсе кĕчĕç. Часах вĕсем «Большевик» колхоза телефонпа шăнкăртаттарчĕç, васкавлăн лаша яма ыйтрĕç.

Колхоз председателĕ И. Филимонов юлташ Шупашкартан писательсем килеççĕ тенĕ хыпарпа питĕ савăнчĕ, часах фермăри чи лайăх лашапа вĕсене илме Вăрмар станцине вăл хăех тухса вĕçтерчĕ.

Колхоз правленийĕ Урдашпа унăн «пулăшаканне» лайăх хваттер тупса пачĕ. Шăннă çинчен икĕ юлташ çĕрĕпех черке шаккарĕç.

Тепĕр кунĕнче ирхине ирех ялти радиоузел урлă диктор çапла пĕлтерчĕ: «Пирĕн колхоза чăвашсен паллă поэчĕ В. Урдаш тата унăн çывăх юлташĕ Николай Чупай килнĕ. 7 сехетре каçхине вĕсем литература каçĕ ирттереççĕ. Çав вăхăта пурин те клуба пухăнмалла».

Тикеш ялĕнчи ĕççыннисем чăваш писателĕсене хисеплеççĕ, хаклаççĕ. Литература каçĕ пулассине пĕлсенех вĕсем каçхине 7 сехет çитиччен чылай малтан клуба пухăнчĕç.

Урдаш хушнипе Мускавран паракан радиопередачăна чарчĕç. Микрофона клуб сцени çине вырнаçтарса лартрĕç. Часах клубра тата колхозниксен килĕсенчи репродукторсенче Урдаш сасси янраса кайрĕ.

— Колхозниксем мана паян икĕ ыйту пачĕç: хăш ялсем тата авланнă-и? тесе ыйтрĕç,— пуçларĕ Урдаш хăйĕн сăмахне.

— Ответлетĕп: эпĕ Тутар АССР-ĕнчи Буденный районĕнче çуралнă, 14 çула çитсен сăвă çырма тытăннă. Авланни пирки çапла калатăп: хĕрсемпе тăлăх арăмсемшĕн пулсан — яланах авланман, хĕрсем патне пынăшăн каччисем ан кĕвĕçчĕр вара!

— Кăмăллă калаçмасть-çке ку писатель тени,— пуçне сулларĕ килĕнче радио итлесе ларакан 69 çулхи Александр Антипов колхозник,— вăл авланнипе авланманни пире мĕн тума кирлĕ-ха?

Клуба пухăннă çынсем те Урдашăн çак тĕлсĕр сăмахĕнчен питĕ хытă тĕлĕнчĕç, кăмăлсăр пулчĕç.

Часах Урдаш хăйĕн сăввисене вулама тытăнчĕ. Вулассинчен ытларах вăл хăйне хăй мухтарĕ, чăвашсен ман пеккисем сахал-ха, тесе хăлаçланчĕ. Унтан тăруках литература передачи вĕçленни çинчен пĕлтерчĕ. Çакăн хыççăн çамрăксен каçĕ пуçланчĕ. Чи малтанах Урдаш тусĕ Николай Чупай текенскер урăм-сурăм ташласа пачĕ. Çамрăксем Урдаш юлташран пĕрпĕр доклад туса парасса кĕтнĕччĕ, анчах унăн хăвачĕ пулмарĕ курăнать, вăл çырла питлĕ, хăмăр куçлă хĕрсене суйлама, вĕсене ачаш юрăту çинчен ăнлантарса пама тытăнчĕ. Анчах кăмăлли, чĕрĕ уççи тупăнмарĕ, мухтанчăк сăвăç «серепине» пĕри те çакланмарĕ.

Урдашпа Чупай часах Анатолий Степановпа паллашаççĕ. Степанов — ялти магазин заведующийĕ. Вăл, арăмĕнчен уйăрăлнăскер, тăтăшах ӳсĕр çӳрет.

Çĕрле, 3 сехет те 30 минутра, Александр Антипов хаçхине хыттăн шакканă сасăсем, çухăрашнисем илтĕнсе кайрĕç. Уçакан пулмарĕ. Часах хӳме урлă виçĕ мĕлке сиксе каçрĕ. Çенĕх алăкĕ кисренме пуçларĕ.

— Кам унта?—ыйтрĕ ватă мучи шаккакансенчен.

— Пире эсĕ кирлĕ мар, кунта хĕрсем пур терĕç, пире çавсем кирлĕ,— илтĕнчĕç Урдашпа Степанов сассисем пĕр харăс. Антипов юлташа репродуктор тăрăх паçăр кăна илтнĕ «писатель» сасси çӳçентерсе ячĕ. «Çĕрле çӳрес хăнам çук»,— тесе вĕсене кĕртме шутламарĕ вăл.

Урдашпа Чупай Тикешре çапла ик-виçĕ кун иртĕхсе, ĕçсе-çисе çӳренĕ хыççăн, хăйсем кӳнĕ расходшăн укçа-тенкĕ тӳлемесĕрех кӳршĕ ялсене тухса шăвăнаççĕ.

— Вăрмар районĕнчи ертсе пыракан органсем çак «гастролерсен» ĕçĕпе интересленме пуçласан, вĕсем: «Эпир райкомпа райисполкомшăн мар, икçĕр миллионшăн çуралнă»,— тесе ертсе пыракан юлташсен канашне хăлхана та чикесшĕн мар.

Вăрмар районне тĕрлĕ çынсем сахал мар киле-киле кайнă, анчах та Урдашпа Чупай йышшисем пуçласа килчĕç-ха.

Г. МАТВЕЕВ,
«Хĕрлĕ ялав» хаçат редакторĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайе—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00920 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.